ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Март 4 ВЫРСАРНИКУН № 47 (9726)

Хакĕ 20 пус

39-мĕш çул тухать.

## ПАЯНХИ НОМЕРТЕ:



# Партин ертсе пырас ĕçĕнче Ленин туса хатĕрленĕ принципсене çирĕп тытса пымалла

КПСС XX съезчĕ йышăннă решенисене Коммунистсен партийĕ, пĕтĕм совет халăхĕ, урăх çĕршывсенчи миллионшар ĕççынисем хĕрÿллĕн ырлаççĕ. Съезд пирĕн партипе халăхăн коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн пыракан кĕрешĕвĕн историйĕнчи аслă событи пулса тăчĕ. Вăл эпир утса тухнă пурнăç çулĕн итогĕсене турĕ, çĕнĕ пысăк задачăсене палăртса пачĕ, марксизм-ленинизма теори енĕпе нумай пуянлатрĕ.

Съездра Коммунистсен партийĕн питĕ çирĕп пĕрлĕхне, вăл ленинла Центральнăй Комитет таврa тачă пĕтĕçсе тăнине кăтартса панă. КПСС Центральнăй Комитечĕн Н. С. Хрущев юлташ туса панă отчетлă докладне тата КПСС XX съезчĕ ултăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе панă Директивăсем çинчен Н. А. Булганин юлташ тунă доклада пур енĕпе те сÿтсе явни парти хăйĕн Центральнăй Комитетне вĕçĕхĕррисĕр ĕненсе тăнине, малашне те аслă Ленин çулĕпе пыма хатĕр тăнине кăтартса пачĕ. Съездра тухса калană сăмахсенче делегатсем çакна палăртрĕç: XIX тата XX съездсем хушшинчи тапхăрта партин Центральнăй Комитечĕн авторитечĕ çав тери нумай ÿсрĕ, Центральнăй Комитет шалти тата тулашри политикăн мĕнпур ыйтăвĕсене Ленин кăтартса панă пек татса пачĕ. Общество аталанăвне мĕн кирлине шута илсе тата марксизм-ленинизм вĕрентĕвне асра тытса, Центральнăй Комитет партипе çĕршыв пурнăçĕнчи пысăк та кирлĕ мĕнпур ыйтусене татса памалли çул-йĕрсене вăхăтра палăртнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн политикăлла çул-йĕрĕпе практикăлла ĕçне пĕтĕмĕшпех ырласа, XX съезд çакна палăртрĕ: КПСС Центральнăй Комитечĕ хăйĕн ĕçĕнче марксистла-ленинла вĕрентÿпе творчествăлла усă курнипе, коллективлăн ертсе пымалли Ленин туса хатĕрленĕ принципсене тата партин шалти демократине çирĕп тытса пынипе, пирĕн парти халăхпа ним уйрăмми тачă çыхăну тытасси çинчен Ленин кăтартса панисене пĕрмаях пурнăçа кĕртсе пынипе килчĕ. Çак çулсенче парти ачисĕр Ленинăн аслă ячĕне хăлхах сÿнте тытса пычĕ. Вăл принципла ленинла политика тытса пычĕ, парти пурнăçĕн Ленин туса хатĕрленĕ нормисене тата партин ертсе пырас ĕçĕнче Ленин туса хатĕрленĕ принциписене çĕнĕрен вăйлатрĕ, вĕсене пур майсемпе те çирĕплетсе пырать. КПСС XIX съезчĕ пулнăранчен çак нормăсемпе принципсене час-часах пăснă пулнă.

Парти пурнăçĕн демократилле никĕсĕсене пăхăнса ĕçлессишĕн, администрацилеснине тата ертсе пырас ĕçĕн канцеляристла-бюрократла меслечĕсене хирĕç, критикăпа самокритикăна сарса ыррасишĕн кĕрешни парти массисен активлăхне вăйлатма, парти ĕçĕшĕн коммунистсен ответлăхне ÿстерме, ĕççыннисен политикăла тата ĕçри хастарлăхне çĕклентерме май пачĕ.

Коллективлăн ертсе пымалли Ленин туса хатĕрленĕ принципа çĕнĕрен вăйлатни тата пур майсемпе те çирĕплетни тĕп вырăн йышăнса тăчĕ. Коммунистсемпе мĕнпур ĕççыннисен творчествăлла активлăхне вăйлатассишĕн кĕрешсе, КПСС Центральнăй Комитечĕ марксизм-ленинизмшăн ют йăлана — уйрăм çынсене ытлашши пысăка хурассине хирĕç таткăлăн кĕрешрĕ, çак йăла партипе халăх массисен рольне пĕчĕклетнĕ, хăшпĕр чухне ĕçре пысăк йăнăшсем тăвасси патне илсе пынă. Центральнăй Комитет йышăннă мерăсене пула парти массăсемпе çыхăну тытассине тата ытларах çирĕплетрĕ.

Коллективлăн ертсе пыни, парти органĕсене суйласа лартмалли тата вĕсем парти массисем умĕнче отчет памалли йĕрке, критикăпа самокритика, — çаксем вĕсем пурте пуçарулăх кăтартма, ĕçри йăнăшсене çитменлĕхсене тупса палăртма, вĕсене пĕтермелли çул-йĕрсем тупма, коммунизм строительствин задачисене пурнăçлассишĕн пыракан кĕрешÿре коммунистсемпе мĕнпур ĕççыннисен активлăхне ÿстерме питĕ кирлĕ условисем пулса тăраççĕ.

Партин ертсе пырас ĕçĕнче Ленин туса хатĕрленĕ принципсене çирĕп тытса пырассишĕн кĕрешсе, çав принципсене практикăра мĕнле пурнăçласа пымаллине КПСС Центральнăй Комитечĕ хăйĕн пĕтĕм ĕçĕпе кăтартса парать. Юлашки çулсенче пирĕн партие коллективлăн ертсе пыракан Центральнăй Комитетăн ролĕ çав тери нумай ÿсрĕ, Центральнăй Комитетăн Президиумĕ вара пĕрмаях ĕçлекен коллективлă орган пулса тăчĕ, вăл партипе çĕршыв пурнăçĕн пысăк та кирлĕ мĕнпур ыйтăвĕсене асра тытса ĕçлет. Марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕ тăрăх ĕçлесе тăракан Центральнăй Комитетăн коллективлă опычĕ партипе çĕршыва тĕрĕс ертсе пыма, парти решенийĕсене никам сĕмĕрейми çирĕп пĕрлĕхлĕ пулма май парать.

Коммунизм строительстви енĕпе КПСС XX съезчĕ лартнă питĕ пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесен, уйрăм çынсене ытлашши пысăка хурас йăлан юлашкисене пĕтĕмпех пĕтерсе, парти организацийĕсен ĕçĕнче коллективлăн ертсе пымалли принципа çирĕп тытса пыни кирлĕ. Парти решенийĕсене малашне те кĕрешĕве хатĕр тытмалла, хамăрăн пĕтĕм парти ĕçне, пурнăçри малтан хуçалăх строительствинчи организаторла ĕçе ывăнма пĕлмесĕр лайăхлатса пымалла.

Çакна та шута илмесĕр тăма юрамасть: нумай çулсем хушши пирĕн парти кадрĕсене хуçалăх строительствин практикăлла ыйтăвĕсене татса парассишĕн пысăк ответлă пулма çитĕлĕксĕр воспитани парса пынă. Çакă вăл вырăнти парти органĕсен ĕç меслечĕсенче тĕлсĕр шаблонпа канцелярщина анлăн саралассипе патне илсе пынă, ĕçе тĕплĕн тĕпчесе пĕлсе тата çĕрĕ, организаторла ĕç тăвас вырăнне вăхăта «пĕтĕм» хуçалăх задачисем çинчен сÿтсе явса тата хут çырса ирттерчĕ. Центральнăй Комитет йышăннă мерăсене пула юлашки çулсенче партин вырăнти органĕсем промышленноçпа ялхуçалăх производствин тĕп участокĕсене ертсе пырас ĕçĕн меслечĕсемпе стильне кăштах лайăхлатрĕç. Анчах вĕсен ертсе пырас ĕçĕн практикинче çитменлĕхсем çаплах нумай-ха. Парти работникĕсенчен чылайăшĕ халичченхи пекех ларусен тата «анлă» резолюцисен ассинă вăйне ытлă ĕненеççĕ. Хăшпĕр вырăнсенче партилле-политикăлла ĕçпе хуçалăх ĕçне хире-хирĕçле тăратас йăла та пур-ха. Ку вăл, паллах ĕнтĕ, тĕрĕс мар, çакна ăна хăвăртрах пĕтерес пулать.

Парти организацийĕсен тивĕçĕ çакăн пек: хуçалăх строительствине конкретлă ертсе пырас ыйтусен çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла, промышленность предприятийĕсен, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен ĕçне тĕплĕн пĕлсе ертсе пырас тесе, вĕсен техникипе экономикине вĕренессине вăйлатмалла.

Çынсене тĕрĕс суйласа илни тата решенисене пурнăçланине тĕрĕслес ĕçе пĕлсе йĕркелени партин ертсе пырас ĕçĕнче Ленин туса хатĕрленĕ питĕ кирлĕ принципсем пулса тăраççĕ. Парти организацийĕсен организаторла ĕçĕн шайĕ, пурнăçчен ытларах, вĕсенчен килет. Парти çул-йĕрне пурнăçласа пырас ĕçре кадрсене тĕрĕс вырнаçтарса тухни тата воспитани пани питĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. Работниксене тĕрĕс суйласа илниче, ĕçе тĕрĕс уйăрса лартниче тата вырăнтан вырăна тĕрĕс куçарниче политика палăрса тăмасан, нимӗнле политикăна та пурнăçласа пыма çук. Юлашки çулсенче парти хуçалăхăн мĕнпур участокĕсене кадрсемпе çирĕплетес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерчĕ.

Халĕ, ялхуçалăхне вăйлатас тĕлĕшпе çĕршыв умне питĕ пысăк задачăсем тухса тăнă вăхăтра, районсенчи организацисене опытлă та пултаруллă кадрсемпе çирĕплетесси уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăчĕ. Вырăнти чи лайăх работниксене çак ĕçе çине тăрсах уйăрса лартмалла, ку ĕçе хуласенче промышленность центрĕсенчи çынсене илмалла. МТС-сен, колхозсен тата совхозсен хуçалăх ĕçĕн результачĕсемшĕн районсенчи партипе совет органĕсен руководителĕсене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарса пымалли йĕрке туни кирлĕ.

Массăсемпе çыхăну тытни — партин ертсе пырас ĕçĕнче Ленин туса хатĕрленĕ чи кирлĕ принципсенчен пĕри пулса тăрать. Юлашки çулсенче пĕтĕм парти, çавăн пекех партин кашни уйрăм организацийĕ хăйсен массăсемпе тытакан çыхăнусене çирĕплетрĕç. Анчах ку таранччен тунă ĕçсемпе çырлахса ларма юрамасть. Ĕççыннисен массисемпе тытакан анлă çыхăнусене малалла çирĕплетсе пырасси — парти организацийĕсен обязанноçĕ. Парти организацийĕсен партилле-политикăлла, идеологилле ĕçĕн тĕллевĕ массăсен коммунизма ăнланулăхне, вĕсен организациллĕхне тата активлăхне ÿстересе пырассинче пулмалла. Асра тытас пулать, пирĕн çĕршыв малалла хăвăрт кайсен вăл массăсен ăнланулăхне ÿстерес ĕçри, çынсен ăс-тăнĕнчи капитализм юлашкисене хирĕç пыракан кĕрешÿри çитĕнÿсенчен нумай килет. Хамăрăн пропагандăпа тата агитацие, пĕтĕм идеологилле ĕçе коммунизмăн материальнă-производствăлла базине туса хурас, материальнăй тата культурăлла пурлăхсем нумайран та нумай туса хатĕрлес ĕçĕн задачисемпе, практикăлла задачăсемпе тачăрах çыхăнтарни кирлĕ.

КПСС XX съезчĕ парти органĕсене ĕççынни депутачĕсен Совечĕсен, профсоюз тата комсомол организацийĕсен ĕçне вăйлатма кирли çинчен хытă асăрхаттарса каларĕ. Ку организацисен пĕлтерĕшĕ çакăнта пулать: вĕсем партие массăсемпе тытакан çыхăнусене сарса пыма, халăхăн чи тĕрлĕ ушкăнĕсем хушшинче политикăлла ниманни сарма, ĕççыннисен нисĕлми творчествăлла хастарлăхĕпе пултарулăхне вăйлатса, вĕсене хуçалăхла-политикăлла задачăсене пурнăçлассишĕн кĕрешнĕ çĕре яма пулăшаççĕ. Хуçалăхпа культура строительствинче, халăхăн кулленхи нушисемпе ыйтăвĕсене тивĕçтерес, ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçре Советсемпе ĕççыннисен массăлла ытти организацийĕсен рольне таткăлăн ÿстермелле.

КПСС XX съезчĕн историлле решенийĕсем пирĕн коммунизм патне пымалли çула марксизм-ленинизм теорийĕн çутипе çутатса тăраççĕ. Вĕсем Ленин кăтартса панă тĕп çул-йĕр тата парти строительствин Ленин туса хатĕрленĕ принципсем çĕнтерне ÿссĕн кăтартса параççĕ. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ съезд решенийĕсене ăнăçлă пурнăçлама, коммунизмшăн пыракан кĕрешÿре çĕнĕ çĕнтерÿсем тума пĕтĕм вăй-хална тăрăшса ĕçлет.

(«ПРАВДА» хаçатăн февралĕн 29-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# Дани Премьер-Министрĕ тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Х. К. Хансен Мускава килнĕ

Совет правительстви чĕннипе мартăн 2-мĕшĕнче Дани Премьер-Министрĕ тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Х. К. Хансен, арăмĕпе пĕрле, Мускава килнĕ. Унпа пĕрле Сутĕç министрĕ Ю. Бомхольтпа унăн арăмĕ, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин генеральнăй секретарĕ Н. Свеннингсен, Данин Федеративлă Югослави Халăх Республикинчи Посланникĕ Р. Кьер, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Пичет пайĕн заведующийĕ С. А. Кристенсен, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин секретарĕ Б. Ольсен, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Экономика пайĕн ответлă сотрудникĕ Х. Э. Тране тата Дани журналисчĕсен ушкăнĕ килсе çитнĕ.

Вĕсемпе пĕр вăхăтрах Мускава СССР Союзĕн Данири Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Н. В. Славин килнĕ.

Данипе ССР Союзĕн государство ялавĕсемпе илемлетнĕ Внуково аэродромĕнче Дани Премьер-Министрне тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне Х. К. Хансена СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕррремĕш Заместителĕ тата СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов, СССР министрĕсем С. Ф. Антонов, В. Г. Бакаев, И. А. Бенедиктов, И. Г. Кабанов, В. В. Мацкевич, Н. А. Михайлов, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕсем А. А. Громыкăпа В. С. Семенов, СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Гражданла сывлăш флочĕн Главнăй управленийĕн начальникĕ С. Ф. Жаворонков, ĕççынни депутачĕсен Мускав хула Совечĕн исполкомĕн председателĕ Н. И. Бобровников, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Скандинавири çĕршывсем енĕпе ĕçлекен пайĕн заведующийĕ М. Г. Грибанов, Тулашри суту-илÿ министерствин Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсемпе суту-илÿ тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен управленийĕн начальникĕ Н. И. Чеклин, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Протокол начальникĕ Е. А. Тарабрин, Мускав хулин комендачĕ генерал-майор И. С. Колесников, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Протокол пайĕн заведующийĕн ĕçĕсене туса пыракан Л. Ф. Теплов, совет журналисчĕсемпе урăх çĕршывсен журналисчĕсем кĕтсе илнĕ.

Дани Премьер-Министрне тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне Данин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Мерк тата посольство сотрудникĕсем, çавăн пекех ССР Союзĕнчи дипломатилле представительствăсен пуçлăхĕсем кĕтсе илнĕ.

...Н. А. Булганинпа В. М. Молотов самолет патне пыраççĕ. Х. К. Хансен тата унпа пĕрле килнĕ çынсем Н. А. Булганинпа В. М. Молотова туслăн алă параççĕ. Унтан Х. К. Хансена Совет государствин аэродромра пулнă деятелĕсемпе, çавăн пекех дипломатилле корпус членĕсемпе паллаштарнă.

Дани Премьер-Министрне тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне Х. К. Хансена кĕтсе илнĕ чухне аэродромра хисеплĕ хурал тăратнă, оркестр Данипе ССР Союзĕн государство гимнĕсене каланă.

Аэродромри микрофон умĕнче Х. К. Хансен сăмах тухса каланă.

## Х. К. Хансен сăмахĕ

Господин Министрсен Совечĕн Председателĕ!

Совет Союзне килни маншăн пысăк савăнăç пулса тăрать, хайăл туса чĕннĕшĕн эпĕ Совет правительствине чĕререн тав тăватăп.

Ситес кунсенче эпир сирĕн аслă çĕршыва хамăр куçпа курăпăр, совет халăхĕн пурнăçĕпе паллашăпăр. Çакăншăн эпир савăнатпăр.

Эпĕ Совет Союзне пĕррремĕш хут килтĕм, эпĕ, пуринчен малтан, совет халăхне, вăл нацизма хирĕç пынă вăрçă вăхăтĕнче паттăрлăх кăтартнăшăн Дани правительстви тата Дани халăхĕ ячĕпе тав тăвасшăн. Совет халăхĕн паттăрла ĕçсене, вăл хĕн-хур тÿснине, вăл вăрçа çĕнтерÿпе вĕçлес, çапла вара Данипе ирĕке кăларас ĕçе пысăк вăй хунине Дани халăхĕ нихçан та манас çук.

Пирĕн икĕ çĕршыв—кÿршĕллĕ çĕршывсем мар. Анчах та Балтика тинĕсĕн хумĕсем Дани çыранĕсене те, çавăн пекех Совет Союзĕн çыранĕсене те çитеççĕ. Хальхи вăхăтри техника ĕмĕрĕнче пирĕн çĕршывсен хушши ытларах та ытларах кĕскелсе пырать. Хăйĕн пĕтĕм историйĕнче Дани ытти государствăсемпе мирлĕн çыхăнусем тытса пурăнчĕ. Пирĕн географи тĕлĕшĕнчи вырăн, сутçанталăк условийĕсем тата пĕр пек шухăшсем,—çаксем пурте ĕнтĕ пире ытти халăхсемпе çывхартрĕç. Кунта пирĕн карапсем çÿретес ĕç те пысăк вырăн йышăнса тăчĕ.

Юлашки вăхăтра Данипе Совет Союзĕ пĕр-пĕринпе тÿррĕнех тытакан çыхăнусем вăйланчĕç. Эпĕ шанса тăратăп, çакă вăл икĕ çĕршывшăн та усăллă пулĕ, пĕр-пĕрин шухăшĕсене уссăн каласа пани вара пĕр-пĕрне лайăхрах ăнланса илме пулăшĕ. Хам паян Совет Союзне килнине эпĕ шăпах çав енчен илсе пăхатăп та ĕнтĕ. Эпĕ çапла шутлатăп: эпир Совет Союзне килни пирĕн çĕршывсем хушшинчи тахçанах пуçланнă ырă хутшăнусене çирĕплетме пулăшĕ.

Пуриншĕн те паллă, Совет Союзĕпе Дани правительствисем тĕнчери чылай пысăк ыйтусем çине тĕрлĕрех пăхаççĕ, ăна пытарса тăма та кирлĕ мар. Анчах ССР Союзĕ те, Дани те Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче тăраççĕ, вĕсем Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн пакчĕ хăй умне лартнă ырă тĕллевсене пурнăçлама—мире, хăрушсăрлăха тата ирĕклĕхе сыхласа хăварма сăмах пачĕç. Совет правительстви те, Дани правительстви те пирĕн çĕршывсем хушшинче чи лайăх та туслă çыхăнусем тытса пурăнасшăн.

Господин Министрсен Совечĕн Председателĕ, Совет правительстви пире Совет Союзне килсе курма чĕннĕшĕн Сире татах тепĕр хут тав тума ирĕк парсамăр. Эпĕ пирĕн халăхсене иккĕшне те мирлĕ пурăнма тата прогресс тума чун-чĕререн ырă сунатăп. (ТАСС).

# Н. А. Булганин Дани Премьер-Министрне тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне Х. К. Хансен господина йышăннă

1956 çулхи мартăн 2-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин Дани Премьер-Министрне тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне Х. К. Хансен господина йышăннă.

Калаçăва СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕррремĕш Заместителĕ тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов хутшăннă.

Премьер-Министр Х. К. Хансенпа пĕрле Дани Сутĕç министрĕ Ю. Бомхольт господин, Дани ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Мерк господин, Дани Югославири Чрезвычайнăй посланникĕ тата Полномочнăй министрĕ Р. Кьер господин, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин генеральнăй секретарĕ Н. Свеннингсен пулнă.

Йышăнура ССР Союзĕн Данири Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Н. В. Славин, ССР Союзĕн Данири посольствин советникĕ А. С. Капалин пулнă. (ТАСС).

# В. М. Молотов Дани Премьер-Министрне тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне Х. К. Хансена йышăннă

Мартăн 2-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕррремĕш Заместителĕ тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов Дани Премьер-Министрне тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне Х. К. Хансена йышăннă.

Премьер-Министр Хансенпа пĕрле Сутĕç министрĕ Ю. Бомхольт, Дани ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Мерк, Данин Федеративлă Югослави Халăх Республикинчи Посланникĕ Р. Кьер тата Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин генеральнăй секретарĕ Н. Свеннингсен пулнă.

Йышăнура СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ В. С. Семенов, ССР Союзĕн Данири Посолĕ Н. В. Славин тата СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Скандинавири çĕршывсем енĕпе ĕçлекен пайĕн заведующийĕ М. Г. Грибанов пулнă. (ТАСС).

## Республикăри колхозсенче февраль уйăхĕн виççĕмĕш вунăкунлăхĕнче кашни ĕнерен мĕн чухлĕ сĕт суса илнине кăтартни

(литрпа)

| | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|
| Çĕрпÿ | 38,8 | Çĕмĕрле | 26,6 | Советски | 22,5 |
| Вăрнар | 38,4 | Шупашкар | 26,3 | Ишлей | 22,3 |
| Улатăр | 38,0 | Красноармейски | 25,2 | Шăмăршă | 21,4 |
| Муркаш | 35,7 | Йĕпреç | 25,1 | Элĕк | 21,3 |
| Чкаловски | 34,9 | Вăрмар | 24,2 | Пăрачкав | 21,2 |
| Етĕрне | 33,3 | Шăхасан | 24,2 | Октябрьски | 20,8 |
| Елчĕк | 32,1 | Чурачăк | 23,8 | Канаш | 20,5 |
| Кувакино | 28,7 | Калинино | 23,3 | Куславкка | 20,4 |
| Комсомольски | 27,3 | Сĕнтĕр | 23,0 | Тăвай | 19,0 |
| Первомайски | 26,8 | Хĕрлĕ Чутай | 22,8 | Сĕнтĕрвăрри | 18,0 |

Ÿкерчĕк çинче: Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнчи пир тĕртекен фабрикăра ĕçлекен рабочисемпе работницăсен Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ вĕçленнĕ ятпа пулнă митингĕ. Трибуна умĕнче—смена мастерĕ Р. Н. Орлова.

Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

# КПСС XX съезчĕн решенийĕсем совет çыннисене çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантараççĕ

## Конкретлă ĕçпе ответлетпĕр

(Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче ĕçлекенсен митингĕнчен)

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ йышăннă решенисем çине ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунипе ответлĕпĕр! Юратнă тăван çĕршыва лайăх пахалăхлă электроаппаратсем ытларах туса парăпăр!—çакăн пек шухăшсемпе пычĕç Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи рабочисем, инженерсемпе техниксем КПСС XX съезчĕ ячĕпе пухăнакан митинга.

Кашниех савăнăçлă. Коллектив съезд ячĕпе пуçарнă социализмла ăмăртура илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçланă, январьти плана 106,8 процент тултарнă, февральти задание те 103,3 процент пурнăçланă. Çак анлă ăмăрту пынă вăхăтри январьпе февраль уйăхĕсенче кăна 2 пин рабочи ытла хăйсен нормисене иртте́рсе тултарнă.

Акă, инструментальнăй цехри фрезеровщик Королев юлташ икĕ уйăх хушшинче кăçалхи 7 уйăхри нормăна тултарнă, строгальщик Гуляев юлташ тăватă уйăх çурăри задание пурнăçланă, тăваттăмĕш сборочнăй цехри слесарь Павлов, сверловщик Воронцов ытти рабочисем те пысăк тухăçлăхпа ĕçленĕ.

Электроаппаратчиксен митингĕнче XX съездĕнче пулнă КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ П. Чичкин юлташ съезд ĕçĕсем çинчен каласа панине рабочисем питĕ пысăк тимлĕхпе, хытă хавхаланса итлерĕç.

Иккĕмĕш сборочнăй цехра ĕçлекен А. Носов юлташ сăмах илет.

— Эпир КПСС XX съезчĕн ĕçĕсене çав тери савăнса сăнаса пытăмăр. Съезд пирĕн парти пĕрлĕхлĕ пулнине, вăл халăхпа тачă çыхăнса тăнине, ĕççыннисен парти тавра тачă пĕтĕçнине татах тепĕр хут кăтартса пачĕ, — тет вăл. Носов юлташ ертсе пыракан цех чылай ӳсĕмсем тунă. Коллектив талăкри графика иртте́рсе тултарать. Цех ĕç тухăçлăхне ӳстерес енĕпе çĕнĕ ĕçсем чылай тунă.

— Улттăмĕш пилĕкçуллăхра электроэнерги туса кăларассине икĕ хут ӳстермелле. Çак задача пире реле туса кăларассине икĕ хут пысăклатма хушать, — терĕ малалла Носов юлташ. Çавсене шута илнĕ май, коллектив 1956 çулхи плана декабрĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма, висĕ тĕрлĕ изделисене тăвассине сехет графикĕ çине куçарма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан 50 мероприятие пурнăçа кĕртме пулчĕ.

Механо-сборочнăй цехри малта пыракан работница Иванова юлташ рабочисем съезд умĕнхи ăмăртура мĕнпур вăя хурса ĕçлени çинчен каласа пачĕ. Февраль уйăхĕнчи задание цех коллективĕ 111.5 процент пурнăçланă. Çак цехри рабочисем крепежнăй цех коллективне социализмла ăмăртăва чĕнеççĕ.

Çакăн хыççăн ытти цехсенчи рабочисем пĕрин хыççăн тепри трибуна умне тухма тытăнчĕç. Вĕсем участоксене, уйрăм рабочисене ăмăртăва чĕнеççĕ.

Инженер-конструктор Э. Кац юлташ КПСС XX съезчĕ конструкторсем умне кăларса тăратнă задачăсем çинчен каласа пачĕ. Конструкторсем çĕршывăри энергетика тата промышленность предприятийĕсене çĕнĕ йышши техникăпа пуянлатас тĕлĕшпе ырми-канми тăрăшса ĕçлеççĕ. Куйбышев — Мускав электропередача линийĕ тата Совет Союзĕ Индире тăвакан металлурги комбиначĕ валли çĕнĕ изделисем тăвас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

С. НИКОЛАЕВ.

## Пир-авăр тĕртекенсен сăмахĕ

Çак кунсенче Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн коллективĕ никçанхинчен хастарлăрах ĕçлет.

Висĕмкун комбинат фабрикисенче КПСС XX съезчĕ вĕçленнĕ ятпа нумай йышлă митингсем пулса иртрĕç. Пир-авăр тĕртекен фабрикăри митингра съезд ĕçĕсем çинчен фабрика заведующийĕн заместителĕ Бокренев юлташ каласа пачĕ. Ун хыççăн чи малтан 1-мĕш цехри смена мастерĕ Орлова юлташ сăмах пачĕ.

— Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ,—терĕ вăл, — пирĕн совет халăхĕ мухтавлă парти ертсе пынипе тунă пысăк çитĕнӳсене пăхса тухрĕ. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе съезд панă Директивăсенче пир-авăр промышленноçĕ умне те пысăк задачăсем кăларса тăратнă. Ĕç тухăçлăхне ӳстересси, чĕртавăрпа перекетлĕн усă курасси, пахă пир-авăр туса кăларасси — пирĕн чыслă ĕç. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра палăртнă заданисене срокчен пурнăçлассишĕн хастарлă кĕрешме эпир хамăр вăйсене шеллесе тăмăпăр.

Трибуна умне иккĕмĕш цехра ĕçлекен работница Васильева юлташ тухать. Вăл, парти съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланса, çĕнĕ обязательствăсем илни çинчен пĕлтерет.

— Эпĕ нормăна алăнах иртте́рсе тултарма, пĕрремĕш сортлă продукци 97 процент таран пама пулатăп, хамăн юлташсене те ăмăртса ĕçлеме чĕнетĕп,—тет вăл.

Шлихтовальщик Никитин юлташ хатĕрлекен цех коллективĕ КПСС XX съезчĕн решенийĕсене чун-чĕререн ырласа йышăнни çинчен, улттăмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене срокчен пурнăçлассишĕн активлăн кĕрешме тытăнни çинчен калать.

— Эпир, — тет Никитин юлташ, — партипе правительствăн совет çыннисен ырлăхĕпе телейĕшĕн куллен тăрăшни çине ответлесе, хамăр çине çакăн пек обязательствăсем йышăнатпăр: мартпа апрель уйăхĕсенче плана 103-шер процент тултаратпăр, 99 процент пĕрремĕш сортлă продукци туса кăларатпăр.

Митингра тухса калакан ытти юлташсем те Коммунистсен партийĕн ăслă политикине чĕререн ырларĕç, ĕç тухăçлăхне татах ӳстерме, халăх валли чи лайăх продукци пама пулчĕç.

Пир-авăр тĕртекенсем партин XX съезчĕ ячĕпе сарăлнă социализмла ăмăртăва малалла вăйлатса пыма, çĕнĕ техникăпа малта пыракан технологие производствăна кĕртессишĕн кĕрешме, кăçал хăйсем çине илнĕ социализмла обязательствăсене срокчен пурнăçлама йышăнчĕç.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн делегачĕ, Канаш деповĕнчи машинист П. Н. Назаров механически мастерскойри рабочисене съезд ĕçĕсем çинчен каласа парать. С. Гущин фотоӳкерчĕкĕ.

## Съезд делегачĕ П. Назаров юлташ рабочисем патĕнче

КАНАШ. («Коммунизм ялавĕ» корр.). Кăнтăрлахи апат вăхăтĕнче аш-какай комбинатĕнчи рабочисемпе служащисем тата инженерсемпе техниксем хĕрлĕ кĕтесе пухăнчĕç. Митинга комбинат директорĕ М. Сазонов юлташ уçать.

Трибуна умĕнче—партин XX съезчĕн делегачĕ, Канашри пăравус деповĕнчи аслă машинист П. Назаров юлташ.

— Эпĕ хамăрăн юратнă аслă партин XX съезчĕн ĕçĕсене делегат пулса хутшăнма тӳр килнĕшĕн чĕререн савăнатăп,—терĕ вăл.—Ку съезд пĕтĕм совет халăхĕн пурнăçĕнче чи пысăк событи пулса тăрать. Парти ертсе пынипе иртнĕ çулсенче тунă çитĕнӳсене пăхса тухса, съезд коммунизм строительствинчи задачăсене палăртрĕ. Парти пире çĕнĕ çитĕнӳсем тума чĕнет. Эпир, совет çыннисем, улттăмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн кĕрешĕве тухрăмăр.

Назаров юлташ съездра ют çĕршыври коммунистсен тата рабочи партисен представителĕсем тухса калани çинчен, хамăр çĕршывăри тĕрлĕ çĕртен пынă делегатсемпе хăй тĕл пулса тусланни калаçни çинчен, тăван столица—Мускав ӳссе, илемленсе пыни çинчен каласа пачĕ. Рабочисем ăна ыйтусем чылай пачĕç.

Ун хыççăн сьемщик В. Новиков юлташ сăмах илет.

— Эпир партин XX съезчĕн ĕçне пысăк хавхаланупа сăнаса тăтăмăр,— тет вăл.— Съезд пирĕн умма пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Ĕçлес те пурăнас килет юратнă çĕршывра. Эпĕ хамăн нормăна 120 процент тултарма, пĕрремĕш сортлă продукци 90 процентран кая мар кăларма пулатăп. Комбинатра виçĕ специальноçпа ĕçлеме вĕрентĕм, çитес вăхăтра хамăр производствăн пур участокĕнче те ĕçлеме вĕренсе çитетĕп.

Комбинатăн главнăй инженерĕ В. Дмитриева юлташ партин XX съезчĕн решенийĕсене чун-чĕререн ырларĕ тата рабочисене çĕнĕ пилĕкçуллăхра татах та тимлĕрех ĕçлеме чĕнчĕ.

Ватă рабочи, коммунист М. Онуськин юлташ çапла каларĕ:

— Пирĕн парти ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшать. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра рабочисемпе служащисен ĕç кунне чакарма, ĕç укçине ӳстерме, пенси укçине ӳстерме палăртнă. Эпĕ кăçал, перекетлĕх режимне пăхăнса ĕçлесе, 5.100 тенкĕлĕх аш-какай перекетлеме пулатăп.

Колбаса цехĕнчи бригадир А. Халилов юлташ хăйĕн бригадинчи рабочисем съезд ячĕпе социализмла ăмăртăва тухса илнĕ обязательствăна чыслăн пурнăçлани çинчен каларĕ, кăçалхи плана 150 процент тултарма сăмах пачĕ.

Митингра пулнисем съезд решенийĕсене пĕр кăмăллă пулса ырларĕç тата вĕсене чыслăн пурнăçлассишĕн вăй хурса ĕçлеме пулчĕç. Вĕсем кăçалхи производство планне срокчен тултарма, планран иртте́рсе çур миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларма, ĕç тухăçлăхне планпа палăртнинчен 2 процент ытларах ӳстерме, продукцин хăйне ларакан хакне планпа пăхнинчен ытларах йӳнетме, продукци пахалăхне лайăхлатма тата ĕççыннисене куллен кирлĕ продукцие ытларах туса кăларма пулчĕç.

## ĔÇРИ ХАСТАРЛĂХ ӲСЕТ

Партин XX съезчĕ вĕçленнĕ ятпа февралĕн вăтăрмĕш кунĕнче строительсен митингĕ пулса иртрĕ. Çынсем ĕç тумĕсемпех клуба пухăннă.

Февральте ăшă кун пулмарĕ. Паллах, строительсене усă çĕрте ĕçлеме çăмăл мар. Çапла пулин те комбинат тăвакансем сивĕрен хăраса тăман, вĕсем съезд ячĕпе илнĕ обязательствăсене пурнăçлама тăрăшнă.

— Съезд ячĕпе илнĕ обязательствăсене тивĕçлĕн пурнăçларăмăр. Февраль уйăхĕнчи плана иртте́рсе тултартăмăр,— тет хăйĕн сăмахĕнче главнăй инженер В. Саманов юлташ. Çак хыпар строительсене савăнтарать.

Митингра малта пыракансен ячĕсене асăнчĕç. Вĕсем хушшинче И. Андрюшкин ертсе пыракан платниксен бригади, М. Степанов ертсе пыракан каменщиксен бригади, А. Иванова ертсе пыракан бетонщиксен бригади, К. Автономова ертсе пыракан рабочисен бригади, С. Федченковăн звени. Вĕсем ĕç нормине 120—130 процент тултарса пынă.

— Март уйăхĕнчи план февральтинчен тăватă хута яхăн пысăкрах,— пĕлтерет главнăй инженер.— Плана иртте́рсе тултарма пирĕн мĕн кирли пурте пур,— тет вăл.

Прораб Э. Райских юлташ чĕререн хавхаланса калать:

— Сирĕнтен чылайăшĕ комбинат тума тытăннăранпа ĕçлет. Хавăрăн алăпа тунă ĕç пĕтĕмпех куç умĕнче. Ав, арлакан фабрика, юнатар пир-авăр тĕртекен фабрика. Кăçал пирĕн шуратса сăрлакан цех туса ĕçе ямалла. Халĕ тата тепĕр цех тăватпăр. XX съездăн решенийĕсене эпир пурте ырлатпăр. Съезд йышăннă решенисене пирĕн ĕçпе ответлемелле. Партин XX съезчĕ—социализмран майĕпен коммунизма куçас задачăсене пурнăçланă тапхăрти съезд.

Бригадир Х. Валиуллин митингри çынсен шухăшне кĕскен те уççăн каласа пачĕ:

— Тăван парти пирĕншĕн, пирĕн ывăлăхшăн, пирĕн ачамăрсемшĕн тăрăшать. Эпир тата та лайăхрах ĕçленипе ответлĕпĕр. Пирĕн коллектив никçан та кая юлман. Малашне те малта пырĕ вăл. Пирĕн хамăрăн ăсталăха ӳстерсе пымалла.

## Стройкăна срокчен ĕçе ярар

Шупашкарти «Чăвашстрой» трестĕнче ĕçлекен рабочисемпе работницăсен, инженерсемпе служащисен партин XX съезчĕ вĕçленнĕ ятпа пухăннă митингĕ пысăк хавасланхпа пулса иртрĕ.

Педагогика институчĕн çĕнĕ çуртне тăвакан строительсем иккĕмĕш этажри пĕр аудиторие васкаса пухăнчĕç. «Чăвашстрой» тресчĕн парторганизаци секретарĕ К. Козлов юлташ митинга уçса çапла каларĕ:

— Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ хăйĕн ĕçне ăнăçлă вĕçлерĕ. Тĕнчери мире юратакан пĕтĕм халăхсем съезд ĕçĕсене, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн политикине пĕтĕм кăмăлтан ырлаççĕ. Съезд, пирĕн çĕршыври йывăр промышленноçа тата вăйлăрах аталантарса, пĕтĕм халăх хуçалăхне хăватлантарас тĕлĕшпе пысăк задачăсем лартрĕ. Строительсем партипе правительствăна халăх ырлăхĕшĕн ырми-канми тăрăшнăшăн чун-чĕререн тав тăваççĕ.

— Трестăн улттăмĕш пилĕкçуллăхра ĕç тухăçлăхне 52 процент ӳстермелле. Çак задачăна пурнăçа кĕртме механизмсемпе ытларах усă курмалла. Çĕнĕ техникăна, малта пыракан технологие пурнăçа кĕртсе пыни кирлĕ. Институт çуртне 1956 çулхи сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтермелле. Пирĕн коллектив строительствăна вăхăтра ĕçе яма тăрăшĕ, — терĕ стройкăри аслă прораб Г. Николаев юлташ.

Митингра пулнă строительсем, пурте пĕр кăмăллă пулса, стройкăна срокчен ĕçе яма йышăнчĕç.

## Съезд решенийĕсемпе хавхаланса

ВĔРНАР. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн историлле решенийĕсене районти ĕççыннисем пĕр кăмăллă пулса ырлаççĕ. Çак кунсенче машинатрактор станцийĕнчи механизаторсем — трактористсемпе комбайнерсем, механиксем тата служащисем съезд вĕçленнĕ ятпа хăйсен митингне йышлăн пухăнчĕç. МТС-ри партбюро секретарĕ Г. Ильин юлташ митинга пухăннисене партин XX съезчĕ Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ тăрăх йышăннă резолюципе паллаштарчĕ. Механизаторсем, пĕрин хыççăн тепри тухса каласа, Коммунистсен партийĕ Тăван çĕршывăн вăй-хăватне çирĕплетме тата совет халăхĕн материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатма палăртнă пысăк ĕçсене чун-чĕререн ырлаççĕ.

— Парти съезчĕн историлле решенийĕсенче ялхуçалăхне малалла вăйлăн аталантарас ĕçре МТС ролĕ пысăк пулнине уççăн кăтартса панă,—терĕ МТС-ри главнăй инженер Давыдов юлташ.—Улттăмĕш пилĕкçуллăхра МТС-сем çĕнĕ, кучуххи хăватлă техникăпа пуянланмалла. Пирĕн умра халĕ техникăпа туллин усă курас задача тăрать. Механизаторсем съезд ĕçленĕ тапхăрта 40 трактор юсаса кăларчĕç. Мартăн 15-мĕшĕ тĕлне мĕнпур тракторсемпе кăкармалли машинăсене юсаса кăларма обязательство илетпĕр.

Рабочком председателĕ Мамонтов юлташ партипе правительствă ĕççыннисен пурнăçне, вĕсен ĕç условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе вĕçĕмсĕр тăрăшни çинчен каларĕ.

Н. ПАВЛОВ,
В. КУЗНЕЦОВ.

## СЪЕЗДРА ТАТА СЪЕЗД ХЫÇÇĂН

(КПСС XX съезчĕн делегачĕ çырса панисенчен)

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ пирĕн мухтавлă партипе совет халăхĕн пурнăçĕнче питĕ пысăк событи пулчĕ. Эпир, çак съездра пулнă делегатсем, пирĕн парти халĕ никçанхинчен пĕрлĕхлĕ пулнине, вăл хăйĕн ленинла Центральнăй Комитечĕ тавра таччăн пĕтĕçсе тăнине, партипе совет халăхĕ хушшинчи çыхăну çирĕп пулнине тепĕр хут курса ĕнентĕмĕр.

Çак историлле съездра пулни маншăн, партин вырăнти органĕнче ĕçлекен работникшĕн, малалла ĕçлеме вĕренмелли аслă шкул пулса тăчĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен Центральнăй Комитетăн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада, ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ çинчен СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин юлташ тунă доклада мĕнпур делегатсем çав тери пысăк тимлĕхпе итлерĕç. Съездра тухса каланă делегатсемпе хăнасем КПСС Центральнăй Комитечĕн нумай енлĕ ĕçĕсене пĕр çын пек пулса ырларĕç, пирĕн çĕршыври хуçалăхпа культура строительствинчи ӳсĕмсене, пĕтĕм тĕнчери мире хӳтĕлесе хăварассишĕн пыракан кĕрешӳри çитĕнӳсене Коммунистсен партийĕпе унăн ленинла Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе тунине палăртрĕç.

Съездра КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче палăртса панă задачăсем çинчен сӳтсе явасси тĕп вырăнта пулчĕ. Тухса каланă делегатсен пурте çакна палăртрĕç: умра тăракан аслă задачăсене ăнăçлăн татса парасси хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас ĕç меслетне малалла лайăхлатнинчен, парти организацийĕсен партилле-организацилле тата идеологилле ĕçне вăйлатнинчен килет. Çавна май нумай делегатсем парти, совет, хуçалăх органĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене çивĕччĕн критиклерĕç тата халăх хуçалăхĕнчи резервсемпе лайăхрах усă курас тĕлĕшпе нумай сĕнӳсем пачĕç.

Съезд йышăннă решенисене пăхса тухнă тата делегатсем калаnă сăмахсене аса илнĕ май умма тата пысăк ыйтусем тухса тăраççĕ: мĕнле ĕçлесе пынă-ха эпир халиччен? Хамăр умма парти лартнă задачăсене тӳррĕн пурнăçлас тесен мĕнле ĕçсем туса иртте́рмелле? Парти пире хамăр ĕçĕн результачĕсене тишкерсе пăхма, халиччен тунă ӳсĕмсемпе лăпланса тăрассинчен сыхланма вĕрентет. Çавăнпа та манăн халĕ районти парторганизаци ĕçĕнче пулнă хăшпĕр кăлтăксемпе çитменлĕхсем çинчен чарăнса тăрас килет.

Ялхуçалăх ĕçченĕсен социализмла ăмăртăвне организацилес тата ертсе пырас ĕçре парти райкомĕ хăшпĕр опыт пухрĕ. Çавна районти колхозсенче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илесси ӳснинче те куратпăр. Сăмахран, кăçалхи хуçалăх çулĕн пирвайхи пилĕк уйăхĕнче пĕтĕм районĕпе кашни ĕнерен иртнĕ çулти çав вăхăтринчен 110 литр нумайрах сĕт суса илнĕ. Хрущев ячĕпе, Сталин ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан, «Новая жизнь» тата ытти колхозсенчи нумай доярккăсем КПСС XX съезчĕ ячĕпе йышăннă обязательствăсене иртте́рсе пурнăçларĕç, вĕсем кашни ĕнерен 700-тен пуçласа 1.100 литр таран сĕт суса илнĕ. Çав вăхăтрах уйрăм колхозсенче ĕнесенчен сĕт суса илессине иртнĕ çулхинчен палăрмаллах ӳстерейменрĕç. Мĕнрен килет-ха çавăн пек пысăк уйрăмлăх?

Пысăк обязательство йышăнакан, анчах ăна тӳррĕн пурнăçлассишĕн кĕрешмен работниксем пирĕн районти колхозсенче те пур-ха. Сăмахран, «Родина» колхоз председателĕ Порфирьев коммунист сăмах панинчен ытла нимех те тăваймарĕ, выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕçре малта пыракан опытпа усă курасшăн çине тăрса кĕрешмерĕ. Çавна пула ку колхозри сĕт-çу фермин районта чи кайри вырăна тăрса юлчĕ. Маленков ячĕпе тăракан, «Коммунизм» тата «Гвардия» колхозсенче те тататклă улшăну пулаймарĕ. Çак тĕслĕхсем вĕсем социализмла ăмăртăва конкретлăрах ертсе пыма, колхозсенчи руководительсен ĕçри ответлăхне тататклăнах ӳстерме кирли çинчен калаççĕ.

Ĕçсем мĕнле пулса пынине тăтăшах тĕрĕслесе тăрсан, вырăнти работниксен ĕçĕнчи çитменлĕхсемпе йăнăшсене çийĕнчех тӳрлетсе пырсан çеç социализмла ăмăрту хăйĕн лайăх результачĕсене пама пултарать. КПСС XX съездĕнче партилле-организацилле ĕçа лайăхлатнă райкомсем çинчен нумай тĕслĕхсем илсе кăтартрĕç. Вĕсем социализмла ăмăртăва канцелярилле меслетпе ертсе пырассине пĕтернĕ, кашни колхозпа предприятя, организаци куллен мĕнле ĕçленине, вĕсен ытăвĕсемпе нушисене пĕлсе тăма, кашни çынпа çыхăну тытма тăрăшаççĕ. Çавăн пек райкомсен ĕç меслетне вĕренсе çитесси — пирĕн чи пысăк тивĕç.

КПСС XX съездĕнче партин Воронеж обкомĕн секретарĕ А. Школьников юлташ облаçри ялхуçалăх ĕçченĕсем выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине кĕске срокра ӳстерессишĕн социализмла ăмăрту анлăн пуçарса яни çинчен каласа пачĕ. Вĕсем аш-какай туса илессине 1956 çулта пĕлтĕрхинчен икĕ хут ӳстерме, ĕнесенчен сĕт суса илмелли задание çулталамăк çурăра пурнăçа кĕртме йышăннă.

Воронеж облаçĕнчи колхозниксен ырă опычĕ çакна кăтартса парать: хуçалăхри резервсемпе туллинрех усă курсан, пирĕн районти колхозсем те выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине пĕр-икĕ çул хушшинче икĕ хут ытла ӳстерме, çапла вара КПСС XX съезчĕ панă Директивăсенче палăртнă задание срокчен чылай малтан пурнăçлама пултараççĕ. Хăшпĕр даннăйсене илсе пăхăпăр.

Воронеж облаçĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсем сысна ашĕ туса илессине кăçалах пĕлтĕрхинчен икĕ хут ӳстерме йышăннă. Пирĕн районти колхозсенче акакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне иртнĕ хуçалăх çулĕнче 6,7 центнер сысна ашĕ туса илнĕччĕ. Кăçал вара кашни сысна ами пуçне пĕр тоннăран кая мар, кашни 100 гектар çĕр пуçне районĕпе вăтамран 20 центнертан кая мар сысна ашĕ туса илессишĕн ăмăрту сарăлчĕ. «Коммунар», «Новая жизнь», «Дружба», Хрущев ячĕпе тăракан тата ытти колхозсен опычĕ район çак обязательствăна иртте́рсе тултарма вăй çитерннине çирĕплетсе парать.

Воронеж облаçĕнчи колхозсенче кăçалхи хуçалăх çулĕн пирвайхи тăватă уйăхĕнче кашни ĕнерен вăтам шутпа 359 килограмм, Çĕрпӳ районĕнче—372 килограмм сĕт суса илнĕ. Пирĕн районти сĕт-çу фермисенчи работниксем 1955—1956 хуçалăх çулĕнче кашни ĕнерен районĕпе вăтам шутпа 1.700 килограмран кая мар сĕт суса илме обязательство йышăннăччĕ. Воронеж облаçĕнчи, малта пыракан ытти облаçсенчи колхозниксенчен пример илсе ĕçлесен, пирĕн районта ĕнесенчен сĕт суса илессине кăçалхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 2.000 килограмм çитерме пулатех.

Çак задачăсене пурнăçлама пирĕн вăйсем çитейĕçĕ. Колхозсенче пултаруллă доярккăсем, свинаркăсем, овцеводсем тата ыттисем ĕçсе çитĕнчĕç. Колхоз ĕçченĕсен социализмла ăмăртăвĕ халĕ çĕнĕ тапхăра кĕчĕ. Вĕсем, КПСС XX съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланса, вăл панă Директивăсенче лартнă задачăсене срокчен пурнăçлассишĕн, çуракине тĕплĕн хатĕрленсе кăтартуллă иртте́рессишĕн, выльăх-чĕрлĕхе ăнăçлă хĕл каçарассишĕн, çамрăк выльăхсене тĕрĕс пăхса ӳстерессишĕн кĕрешĕве çĕнĕ вăйпа çĕкленчĕç.

Пирĕн умра тăракан чи ответлă задача вăл—тырпул тухăçлăхне ӳстерессĕ. Унсăрăн колхозсенче выльăх-чĕрлĕх шутне тата унăн тухăçлăхне татăклăн ӳстерес ыйтăва кĕске вăхăтра татса пама май çук. Парти пире çуракине иртте́рме, уйрăмах кукуруза акма тата ăна пăхса ӳстерме хатĕрленесси хальхи тапхăрта чи кирлĕ ĕç пулнине кăтартса пачĕ. Пирĕн районти колхозсенче кукурузăна кăçал 3 пин гектартан кая мар акмалла. Пысăк тухăçлă кукуруза туса илессишĕн колхозсенче кăçал пурĕ 120 ытла уй-хир бригади ăмăртăва тухрĕç.

КПСС XX съездĕнче Н. С. Хрущевпа Н. А. Булганин юлташсем тата съезд делегачĕсем малта пыракан опыта, наукăпа практика çитĕнĕвĕсене производствăна кĕртсе пырасси çинчен нумай каларĕç.

Кадрсене малта пыракан опыта вĕренме тата ăна ĕçе кĕртме пулăшасси—организацилле ĕçĕн уйрăмах пайĕ пулать. Йышăнас пулать, ку ĕçре пирĕн райкомăн çитменлĕхсем пур-ха. Сăмахран, пирĕн районти Хрущев ячĕпе тăракан колхоз тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерес ĕçре тунă çитĕнӳсем çинчен ытти районсенче пĕлеççĕ. Анчах çак артель хуçалăхне çитсе унти ĕçпе паллашман колхоз председателĕсем, пуçламăш парторганизаци секретарĕсем, ферма заведующийĕсем хамăр районтах сахал мар тупăнаççĕ. Çăн та, ялхуçалăх отраслĕсене аталантарас ыйтупа иртте́рекен семинарсенче эпир Хрущев ячĕпе тăракан колхозри руководительсен доклачĕсене иртте́ретпĕр. Доклад итлеме пухăннисене çав колхоза илсе кайса унăн нумай енлĕ опытне куçпа курса вĕренме май парсан, ку ĕçĕн результачĕ темиçе хут аванрах пулĕччĕ. Çавăнпа та малта пыракан опыта сарас тĕлĕшпе семинарсемпе канашлусене малашне колхозсенче, ĕçе лайăх организациленĕ фермăсенче ытларах иртте́рмелле. Ун пек семинарсене Сталин ячĕпе тăракан колхозăн сĕт-çу фермиче, «Новая жизнь» колхозăн ăратлă сысна фермиче тата ыттисенче те иртте́рме пулать.

Иртнĕ çул вĕçĕнче эпир чăнкипе пирĕн пата Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз председателĕ С. Яковлев юлташ килсе кайрĕ. Вăл выльăх-чĕрлĕх пăхакансен канашлăвĕнче хăйсен колхозĕн ӳсĕмĕсем çинчен доклад туса пачĕ. Пирĕн шутпа çитес çывăх вăхăтра Çĕрпӳ тата Октябрьски районĕсенчи колхоз председателĕсемпе пуçламăш парторганизаци секретарĕсен, ферма заведующийĕсен пĕрлехи канашлусеминарне «Звезда» колхозра иртте́рсен, унта пĕр-пĕрин опычĕсемпе паллашсан, икĕ районти работниксемшĕн те усă пулĕччĕ.

Мускавра, съездра пулнă кунсенче, Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕпе С. Коротков юлташпа калаçнă чухне пирĕн унпа çĕнĕ шухăш çуралчĕ. Вăл хăйсемпе пĕрле пире те Воронеж облаçне кайса, унта выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕçри опыта вĕренсе килме сĕнет. Çак шухăша часрах пурнăçлани пире пысăк пулăшу парĕччĕ, тесе шутлатăп.

КПСС XX съезчĕ парти организацийĕсене хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырассине тата ытларах лайăхлатма, промышленность предприятийĕсемпе колхозсен, МТС-семпе совхозсен техникипе экономикине тĕплĕн вĕренсе пĕлме, вĕсен ĕçне конкретлă, тарăннăн пĕлсе ертсе пыма кăтарту пачĕ. Ялхуçалăхне вăйлăн çĕклес задачăна ăнăçлăн татса парасси районти организацисен ертсе пырас ĕçĕн шайĕ çӳлте пулнинчен нумай килет.

Съездăн историлле решенийĕсем партине совет халăхне улттăмĕш пилĕк çуллăх плана иртте́рсе тултарассишĕн, коммунизм обществин тăвас ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн кĕрешме хавхалантараççĕ. Массăсен хушшинче организаторла ĕçе вăйлатса пыни, социализмла ăмăртăва анлăрах сарни Çĕрпӳ районĕнчи парторганизацие хăйĕн умне XX съезд лартнă пысăк задачăсене пурнăçлас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума май парĕ.

Д. КИРПИЧЕВ.
КПСС Çĕрпӳ райкомĕн секретарĕ.

# Потребительсен кооперацийĕнчи отчетпа суйлав пухăвĕсем

Потребительсен кооперацийĕн уставĕ тăрăх, кăçалхи март-апрель уйăхĕсенче ялсемпе районсенчи потребительсен обществисенче тата райпотребсоюзсенче отчетпа суйлав пухăвĕсем пулса иртеççĕ.

Çак пухусене çĕршер пин пайщиксем — колхозниксемпе колхозницăсем, ялхуçалăх механизаторĕсем, ялти интеллигенци хутшăнаççĕ. Пухусем совет çыннисем улттăмĕш пилĕк çуллăхăн пĕррремĕш çулĕнчи плана тултарассишĕн кĕрешĕве тухнă тапхăрта пулса иртеççĕ. Колхозсăл ял ĕçченĕсем, юратнă Тăван çĕршыва тĕштырă, аш-какай, сĕт, çĕрулми, пахча çимĕç тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем ытларах туса парас тĕлĕшпе тăракан пысăк задачăна пурнăçлассишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлеççĕ. Ялсенче суту-илÿ тăвакан тĕп организаци пулса тăракан потребительсен кооперацийĕн те хăйĕн пĕтĕм ĕçне çав задачăна пăхăнтарса туса пымалла.

Колхозсен экономики çулсеренех вăйланса, ялхуçалăх ĕçченĕсен пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланса пырать. Çавăнпа та колхозсен строительстве ĕçĕсене сарса пыма, машинăсемпе тĕрлĕ оборудовани илме, колхозниксен — хăйсене кирлĕ япаласем туянма лайăх майсем пур. Потребительсен кооперацийĕн мĕнпур организацийĕсем: ялпосем, райпосем, райпотребсоюзсем колхозсемпе колхозниксен, ялхуçалăх механизаторĕсен, ялти интеллигенцин ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерме тăрăшмалла.

Пирĕн çĕршывра, социализмла индустрипе ялхуçалăхĕ тăтăшах вăйланса пынă никĕс çинче, халăхăн ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерме, ялсенче пысăк пахалăхлă таварсем бутма питĕ лайăх майсем пур. Çакна ялсенчи суту-илÿре тавар çаврăнăшĕ ÿссе пынинчен те курма пулать. Пирĕн республикăра иртнĕ çулта ялсенчи халăхпа колхозсене 1950 çулхинчен икĕ хута яхăн нумайрах тавар сутнă. Республикăри потребительсен кооперацийĕ 1954—1955 çулсенче колхозсене 568 автомашина, 239 автоприцеп, 10,5 пин тонна цемент, 4,2 пин тонна сортлă тимĕр тата ытти таварсем сутнă. Магазинсемпе лавккасен хисепĕ ÿссе пырать. Юлашки икĕ çул хушшинче кăна çĕнĕрен 116 магазинпа лавкка уçнă.

Апла пулин те, потребительсен кооперацийĕн ĕçĕнче çитменлĕхсем те сахал мар. Тепĕр чухне производствăпа хуçалăхра кирлĕ таварсене тупса илме май çук. Самахран, хальхи вăхăтра чылай районсенче сенĕксем, кĕреçесем тата ытти çавнашкал ĕç хатĕрĕсем сутмаççĕ. Складсенче тăвар, шăрпăк, супăнь, краççын тата ытти таварсем çителĕклĕ пулин те, вĕсене лавккасемпе магазинсене илсе тухмаççĕ. Чылай столовăйсемпе чайнăйсенче таса мар, апатсене тутлă пĕçермеççĕ.

Коопераци организацийĕсенче государство дисциплини хавшанă. Хăшпĕр работниксем хăйсене шанса панă ĕçшĕн ответлăхă туймаççĕ, государство планне тултарассишĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Сăмахран, 1955 çулта тавар çаврăнăш планне 19 райпотребсоюз тултарайман. Йĕпреçпе Хĕрлĕ Чутай райпотребсоюзĕсене илес пулсан, вĕсем вăра иртнĕ çулта тавар çаврăнăш планне пĕр кварталта та тултарса пырайман.

Республикăри потребкооперации ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плансене çителĕксĕр пурнăçлать. Иртнĕ çулта, сăмахран, ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлемелли плана тултарса çитерейменн. Çăмарта хатĕрлемелли, çăмартапа аш-какай сутăн илмелли плансене тултараймен. Ку ĕç уйрăмах Хĕрлĕ Чутай, Пăрачкав, Вăрмар, Шăмăршă районĕсенче çителĕксĕр пулса пынă.

Потребительсен кооперацийĕсенче халĕ те растратăсене пĕтереймен-ха. Кооперации пурлăхне çаратнă тĕслĕхсене пĕлтĕр кăна 171 хутчен палăртнă. Растрата тунисем уйрăмах Пăрачкав, Вăрмар, Ишлей, Элĕк районĕсенче нумай пулнă. Асăннă райпотребсоюзсен руководителĕсем социализмла харпăрлăха сыхласа упрассишĕн тивĕçлипе кĕрешмеççĕ.

Ялсенчи суту-илÿ ĕçĕнче çавăн пек çитменлĕхсем мĕнрен килеççĕ-ха? Вĕсем, пуринчен ытла, кадрсене суйласа илес, воспитани парас ĕçсем япăх пулса пынинчен килеççĕ. Суту-илÿ ĕçĕн отчетлă участокĕсене час-часах тĕрĕслесе пĕлмен шанчăксăр çынсене лартаççĕ. Вăхăт иртсен вара вĕсем ялпо, магазин, лавкка, столовăй ĕçĕсене тĕрĕс ертсе йĕркелесе пыма пултараймании палăрать. Тепĕр чухне тата малтан растрата тунă çынсене те ĕçе илеççĕ. Руководительсем политика тĕлĕшĕнчен сукăр пулнине кура, çав çынсем кооперации пурлăхĕпе уксах-тенкине çаратаççĕ. Кун пек тĕслĕхсем, сăмахран, Элĕк, Октябрьски, Сĕнтĕрвăрри, Йĕпреç районĕсенче пулнă.

Отчетпа суйлав пухăвĕсене иртерĕ вăхăтра кооперации организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕплĕнрех туса палăртни кирлĕ. Отчетпа суйлав пухăвĕсене иртерни кашни ялпо, райпо тата райпотребсоюз ĕçне лайăхлатма пулăштăр.

Потребительсен кооперацийĕнче отчетпа суйлав пухăвĕсем иртерĕ вăхăтра парти организацийĕсем умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Вĕсен потребительсен кооперацийĕн ертсе пыракан органĕсене пайщиксем шанса тăракан, ĕçе тивĕçлипе организацилеме пултаракан работниксемпе çирĕплетме тăрăшмалла.

Отчетпа суйлав пухăвĕсене анăçлă иртерессипе вĕсене иртерме лайăх хатĕрленинчен килет. Çакă вăл партипе совет органĕсене, потребительсен кооперацийĕн руководителĕсене пухусене пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе иртерме хушать. Пухусенче критикăна самокритикăна сарасси çине уйрăмах тимлĕн пăхни кирлĕ. Анчах ĕçе çакăнпа кăна вĕçлени çителĕклĕ мар-ха, палăртнă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе те мерăсем йышăнас пулать. Çак тĕллевпе ялпора, райпора, райпотребсоюзра ĕçсем мĕнле пулса пынине тĕрĕслеме активра хутшăнтармалла. Çапла тусан пайщиксем отчета кăна мар, çавăн пекех тата ялти суту-илĕве малалла лайăхлатма, çитменлĕхсене пĕтерме май паракан мерăсене сĕнсе явма пултараççĕ.

Ялсенчи суту-илĕве лайăх йĕркелес ĕçре малта пыраканесем те сахал мар. Акă, Канаш районĕнчи Сиккасси, Вăрмар районĕнчи Пысăк Енккасси ялповĕсем, Тăвай райповĕ ĕçре чылай çитĕнÿсем тума пултарчĕç. Шупашкар, Сĕрпÿ, Улатăр райпотребсоюзĕсем те лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Отчетпа суйлав пухăвĕсенче суту-илÿре малта пыраканесен пахă опытне анлăрах сарма тăрăшас пулать.

Потребкооперации работникĕсен пысăк тивĕçĕ — ĕçри çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтересси, суту-илÿ культурине малалла лайăхлатасси, ĕççыннисен ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерме тăрăшасси. Ялсенче суту-илĕве тивĕçлипе йĕркелени колхоз производствине вăйлатма, ялхуçалăх ĕçченĕсен пурнăçне культурине лайăхлатма пулăшмалла.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съездĕ панă Директивăсенче государствăпа кооперации суту-илĕвĕн вакка сутакан тавар çаврăнăшне 50 процента яхăн ÿстерме, çав вăхăтрах ялта вакка сутакан тавар çаврăнăшне унтан та ытларах ÿстерме палăртнă. Çакă потребкооперации организацийĕсем умне питĕ пысăк задачăсем кăларса тăратать.

Çак задачăсене пурнăçлас тесен, партипе совет органĕсем потребительсен кооперацине ертсе пырас ĕçе малалла лайăхлатмалла. Вĕсем потребительсем панă наказсене, отчетпа суйлав пухăвĕсем палăртнă мероприятисене мĕнле пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслесе тăма тивĕç. А. ВИНОКУРОВ.

# Капкăн кĕтесси

## Алăсăр-урасăр тунă склад

Шупашкар çыннисем çак кунсенче Атăл хĕрринче халиччен историре пулман япала курчĕç Рабочисем тем хулăнăш пăра касса шыв айĕнчен асфальт плитисем турттса кăлараççĕ

— Ха, асфальт тени шыв тĕпĕнче пулать-мĕн Ана таçтан кÿрсе килсе чăрман ма та кирлĕ мар — пăр касса кăлар, — тесе тĕлĕнеççĕ пĕрисем

— Çук, — хирĕçлеççĕ вĕсене ĕçе лайăхрах пĕлекен çынсем — Ку вăл — эрех завочĕн склачĕ

Чăнах та, ку вăл склад, анчах ăна алăсăр-урасăр, тимсĕрлĕхпе ответсăрлăх пулăшнипе туса хунă

Иртнĕ кĕркунне Шупашкарти эрех завочĕ валли Атăл тăрăх плиталлă асфальт турттарса килнĕ, ăна çыран хĕррине купаласа хунă Пĕтĕм иккен Атăл ăна пĕпе пулса тухнă ... Вăл, мур илесшĕ завод дирекцийĕ хăйĕн пурлăхĕ çинчен аса илесси кĕтмен вă хăт иртнĕ май тулса кайнă, унтан шăнса ларнă

Шыв тĕпĕнчи çын аллипе туман складра 10 тонна асфальт чиперех хĕл каçнă Анчах Атăл çав пурлăха вырăншăн тÿлемесĕр памасть, пăр касма, урăхла каласан, шыва темиçе çĕр тенкĕ укçа пăрахма тивет

Çак меслет çинчен завод дирекцийĕ Муркаш райпромкомбинатне пĕлтерни пирĕншĕн паллă мар Çапах та муркашсем те ку опытпа усă курма ĕлкĕрнĕ Райпромкомбинатăн та 20 тонна листаллă тимĕр шыв тĕпĕнче хĕл каçнă Тимĕр листисем тутăхнăшăн та, ăна пăр айĕнчен кăларма пин тенкĕ ытла укçа усăсăр пĕтернĕшĕн те райпромкомбинат руководителĕсем пăшăрханмаççĕ Укçа хамăр кĕсьерен тухмасть, теççĕ вĕсем

Çаплах-ши? Шыва наякан укçа тимсĕр руководительсен кĕсйинченех тухма тивĕçлĕ мар-ши?

В. ИГНАТЬЕВ

## Мăшкăл

Красноармейски районĕнчи «Гигант» колхозра нумаях пулмасть уй-хире тислĕк кăларма тытăнчĕç. Анчах, çара çунасем çине тиенĕ пирки, тислĕк хире çитиччен сурри çырса хунă. Анчах колхоз правленийĕ çак кирлĕ ĕçе йĕркелес тĕлĕшпе пăнихи куна çитиччен нимĕн те тумасть.

Капкăн тус! Колхозăн хак[...]

ытла тăкăнса пĕтет. Тислĕк турттармалли çунасене юсаттарасси çинчен колхозниксен пухăвĕсенче те, правлени ларăвĕнче те пайтах шавланă ĕнтĕ, решенине те пĕрре кăна мар, темиçе хутчен те лă пурлăхне тирпейсĕр тăкаланăшăн айăплă çынсене хĕстерме сирĕнтен хăвăрăн çивĕч хĕскĕчĕре ярса пама ыйтатпăр.

Колхозниксем.

## ТЕКЕХ ЧĂТМА ÇУК

Куславкка районĕнчи Муркар ялĕнчи Иван Тимофеевич Подъельникова пуçкилсем, ялйышсем таврари ялсенчи çынсем лайăх пĕлеççĕ. Иван Тимофеевич нихçан та нимĕнле паттăрла ĕç те туман, çапах та вăл халăхшăн паллă çын Вăл ялти лавккара ĕçлет Ĕçлет кăна мар, халăха çав тери хыта тарăхтарать те Çавăнпа ăна çынсем лайăх пĕлеççĕ

— Каллех хупă Нихçан та уçă пулнине курма çук, — теççĕ вĕсем лавкка патне пырсан — Аçта-ши хăть хăй?

— Аçта пултăр тата, килĕнче, — теççĕ пĕлекенсем ун çинчен

Çынсене лавккă ялан хупă тăни кăна мар Подъельников суту-илÿ йĕркине пăснипе те тарăхтарать Лавккара кирлĕ таварсем нихçан та пулмаççĕ пирус шăрпăка та Куславккана кайса илме тивет

Ял çыннисем çакăнпа килĕшсе тăма пултарайман, Иван Подъельников ĕçлеме юратманни çинчен, унпа халăх килĕшменни çинчен вĕсем мана иртнĕ çулхи август уйăхĕнчех пĕлтерчĕç Эпĕ, паллах, çавăн пек çынсене чăтма пултараймастăп Тытрăм та пĕлтертĕм часрах Куславкка райпотребсоюзне. «Пăхăр, терĕм, кам ĕçлет сирĕн унта»

— Чăнах та, — терĕ мана ун чухне райпотребсоюз правлени председателĕн ĕçне тăвакане Афонин юлташ, — Подъельников çинчен сире пĕлтерни тĕрĕс Халĕ ăна ĕçрен кăларма йышăнтамăр

Подъельников пирки унăн Куславккари пуçлăхĕсем мĕн шухăшлани çинчен Муркарсене иртнĕ çулхи ноябрĕн 23-мĕшĕнче хаçат урлă пĕлтертĕм »

Кун хыççăн эпĕ: Муркарсен ыйтăвне тивĕçтертĕм, хам ĕçе вĕçлерĕм, тесе шутланăччĕ Анчах нумаях пулмасть вĕсенчен эпĕ тепĕр çыру илтĕм Акă мĕн пĕлтĕм эпĕ унтан

— Ихик, — тесех кулнă тет Подъельников хăй çинчен хаçатра çырнă хыççăн — Ман çинчен районти хаçатра çырчĕç, — ĕçрен кăлараймарĕç Халĕ тата Шупашкар хаçатĕнче çапса кăларчĕç. Пурпĕр вĕсен ĕç тухмасть. Кам мана ĕçрен кăларма хăйĕ? Хăть Мускав хаçатĕнче çырччăр. Райпотребсоюз пуçлăхĕсем вĕсем «Мана ĕçрен кăлармалла турăмăр» тесе ячĕшĕн çырса пĕлтереççех ĕнтĕ Хут чăтать вăл

Çак çырăва вуланă хыççăн райпотребсоюз правленин председательне Чамайкин юлташа ун çинчен Подъельников мĕн шухăшланине пĕлтерес терĕм Тата çакна каласшăн: хут чăтсан та, халăх Подъельников ĕçне чăтасшăн мар.

Капкăн.

## Волков мыскари

Иртнĕ çуркунне Сĕнтĕр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз ферминчи хĕл каçнă пăрусен ушкăнне, сасартăк, пĕлĕт çинчен татăлса аннă пекех, пĕр мăханкка пăру пырса кĕнĕ. Ун чухне çак пăрăвăн хуçи кам иккенне те, вăл аçтан тунăннине те пиками та пĕлеймен Çак вăрттăнлăха ферма заведующийĕ Волков Константин кăна пĕлнĕ.

— Эпĕ сана тăвани тăван сума сунă пек çитĕнтерĕп. Ан ман эс: сан кÿçу мана тăван тивет, çавăнпа та эсĕ те мана курăнташлă, — тенĕ вăл пăрăва ырхан майĕнчен ачашласа. — Апат тулăх. ан тирке кăна эс...

Тына пăру имененех йышпиcеничченех пулман. Вăл колхозăн янтă апатне тăраниччененх çинĕ, кунран-кун мăнтăрланса, самăрланса пынă.

— Хе-хе-хе! Тăрăшни харама каймарĕ, чиперех вăй илсе пырать, — чеен кулкаланă Волков хăй ăшĕнче.

Шăрăх çу кунĕсем иртсен пынă, кĕçех сивĕ кĕр те килсе çитнĕ. Инкек куçа курăнса килмест тенĕ пек, хайхи пăру пĕр-сасартăках чирлесе ÿкнĕ. Мĕн тумалла-ха ĕнтĕ?

Ферма заведующийĕ пит нумай шухăшламан — чирлĕ пăрăва пуснă.

Ĕç çакăнпа пĕтмелле пек те туйăнмалла. Анчах апла пулман çав: пĕр чип-чипер кунхине колхоз ферминчи хĕл каçнă самăр пăру çĕр çăтнă пекех, таçта кайса çухалать. Фермăра ĕçлекенсенчен хăшпĕрисем пăру мĕнле кукăралла вĕçсе кайнине туйса илнĕ, анчах заведующи умĕнче куçран ÿкесшĕн мар пулса, шăпăртах пулнă. К. Волков колхоз пăруне хăйĕн тăванне А. Столяровăна пуснă пăру вырăнне леçсе панă, имĕш.

Пăтана михĕре пытараймăн тенĕ пек, халĕ çак вăрттăнлăх ял çине тухрĕ. Кун пирки колхоз правлени членĕсем те пĕлеççĕ ĕнтĕ. Апла пулин те, К. Волков çаплах ферма заведующийĕнчех ĕçлет, — хуйхă-суйхăсăрах пурăнать.

А. ПЕТРОВ.

## ТŸРĔ СĂМАХ

Шупашкарти тарасасем юсакан завод çителĕксĕр ĕçленĕшĕн республикăри чылай колхозĕсем питех те ÿпкелешеççĕ. Завод уполномоченнăйĕсем, тарасасем юсатпăр тесе, колхозсемпе договорсем тăваççĕ, укçине илеççĕ, анчах начар юсаççĕ. Завод директорĕ Кирюхин юлташ рабочисене кăтартусем паниех йăпанса ларать. Иртнĕ уйăхра сăмахран, Тăвай районĕнчи «Горьковская коммуна» колхозран Тăвайри мастерскоя темиçе тараса юсама илсе пынă пулнă. Тарасисене юсаман, вĕсене юр айне пăрахса хăварнă.

— Тăвая килмелле марччĕ те пирĕн...
— Мĕншĕн?
— Кунта ĕç нумай.
— Ĕçне пурпĕрех тумастпăр-çке?
— Вăл çапла-ха, анчах пире ытла çÿле хăпартрĕç, кунтан мĕнле анмалла ĕнтĕ?
— Хамăрăн директор килессе кĕтер-ха, вăл шухăшласа пăхтăр.

## Янтă пыр

Сакал çын килсе каять-и колхоза? Тепрер «ăнăçлă» кун колхоз правленине виççĕн-тăваттăн та пырса кĕреççĕ: пĕри районтан, тепри — Шупашкартан, тепри татах аçтан та пулин...

Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхоз правленинче пыран-каян çынсене кÿрентерес йăла çук. Ăшшăн кĕтсе илеççĕ, тараватлăн асатаççĕ. Анчах тепĕр чухне вара «ырă хăна» тухса кайнă хыççăн ăна усалпа асăнма та, ятлама та тивет.

Колхоз учетчикĕ умне Валентина Сафронова колхозница икĕ хут татăкĕ кăларса хунă:

— Çак справкăсене сире пама хушрĕç. Ĕçкунĕ çырса пама...

— Мĕнле ĕçкунĕ? Мĕншĕн?

Учетчик хăйне панă хутсене çавăркаласа пăхнă та шалтах тĕлĕнсе кайнă. Акă мĕнле çырнă унта:

*СПРАВКА*

*Выдана настоящая справка колхознице Сафроновой Валентине Александровне в том, что я, представитель Приволжского леспромхоза Можаров, переночевал у нее четыре ночи (12, 13, 14 и 15 декабря 1955 г.).*

*Справка выдана для представления в правление колхоза «Коммунизм».*

*П. МОЖАРОВ».*

*«Чăвашвăрман» трестĕн çаврака пичечĕ.*

Тепĕр справки çинче те Можаров хăй Сафронова колхозница патĕнче 3 талăк пурăнни çинчен ĕнентерет. Кунта вара вăл хăйĕн должноçне те çырса хунă: вăл Приволжски вăрманпромхозра кадрсем енĕпе ĕçлекен инспектор иккен!

Валентина Сафронова колхоз правленинчен Можарова 7 талăк усранăшăн хăйне ĕçкунĕ пама ыйтать.

П. Можаров командировкăсене кайса çакăн пек киревсĕр хăтланса çÿренине Шупашкарти «Чăвашвăрман» трестĕнче ĕçлекенсем те пĕлеççĕ, те пĕлмеççĕ...

А. Н.

# Пăр çинчи кухня

Канаш районĕнчи «Коминтерн» колхоз председателĕ Афанасьев юлташ çывăрнă çĕртех каласма пуçларĕ.

— Арăм, путатпăр вĕт. Часрах çăлăнса юласчĕ, — кăшкăрчĕ вăл.

Арăмĕ ăна-кăна чухламасăр кусне-пусне аллипе сăтăрса илчĕ те йăвашшăн сăмах хушрĕ.

— Мĕн, аташмастăн пулĕ, эсĕ? — терĕ вăл шăппăн.

— Курмастăн-им, ара, сурхунне персе çитрĕ вĕт. Ай... шыв илет... кухня юхса каять... Хăтарăр!.. — тата хытăрах кăшкăрчĕ колхоз председателĕ.

Вăл вырăн çинчен сиксе анчĕ те чÿрече патне чупса пычĕ. Вăл шавласа юхакан пăрсем хушшинче кормозапарник юхса кайнине курчĕ.

— Çăлăр, çăлăр!.. — пĕтĕм вăйран кăшкăрчĕ колхоз председателĕ.

Председатель, тен, урама та сиксе тухатчĕ пулĕ, картари автан авăтса яни кăна чăрмантарчĕ.

Афанасьев тинех тăна кĕчĕ, лăпкăн кулса ячĕ.

— Хе, тĕлĕкре-çке эпĕ... Пулать вĕт усал тĕлĕк... Аптрамалла ку ĕçпе, çĕрле те канлĕн çывăрма çук, — мăкăртатса илчĕ те председатель каллех вырăн çине кайса выртрĕ.

Ара çапла пулмасăр! Лайăх ĕçлесе пырсан, тĕлĕкре те лайăххине куратăн, начар пулсан вара — ыррине ан та кĕт.

«Коминтерн» колхозăн вырльăх-чĕрлĕх фермисем ял вĕçĕнче, аслă çырма хĕррине вырнаçнă. Вырăнĕ питĕ аван, çуллахи вăхăтра икĕ айккипех симĕс курăк ешерет, ферма çуммипе шăнкăртатса шыв юхать. Хĕлле те начарах мар кунта.

Колхозра иртнĕ çулта кормокухня тăвасси çинчен темиçе хутчен те калаçнă. Анчах та калаçни, йышăнни пуш параппан çапнипех иртсе кайнă. Юлашкинчен вара пултаруллă «рационализаторсем» те тупăннă.

— Кормокухньăшăн мĕн ытлашши материал пĕтермелли пур? Пăр çине вырнаçтарас та ĕçĕ те пĕтрĕ. Кунта нимĕнле сурт та кирлĕ мар, шывĕ те юнашарах.

Каланă — тунă. Вара кĕçех «кормокухня» пăр çине пырса вырнаçнă.

Халĕ ак, хĕллехи шартлама сивĕре, сутăлса выртакан пăр çинче кунĕн-çĕрĕн кăвайт ялкăшать. Колхозницăсем пĕрпĕринпе ылмашăнса хуран айне вутă хураççĕ... Мĕн каламалли пур, çĕнĕ «рационализаци» колхозăн миçе кубометр вуттине çунтарса пăр çинчи юра ирĕлтермерĕ ĕнтĕ? Хĕллехи сивĕ çанталăкра шăнса кÿтнĕшĕн миçе çын колхоз руководителĕсене тарăхса вăрçмарĕ пулĕ?

Ялкăшать вут сутă пăр çинчи «кухньăра»! Председатель вара ун çине аякран кăна пăхса савăнать.

Çапах та савăнмалли нимех те çук пек кунта. Колхоз ферминчи ĕнесенчен сĕт ытла та сахал суса илеççĕ. Колхоз вырльăх-чĕрлĕхне хĕл каçарма начар хатĕрленине пула вырльăхсен йышĕпе тухăçлăхĕ ÿсес вырăнне чакса пырать. Пĕр витин маччине халĕ те туса çитермен пирки вырльăхсем хĕлепех ĕнтĕ сивĕ çĕрте тăраççĕ. Çавăн пекех вырльăх апачĕ те çителĕклĕ мар. Ĕнесем валли силос та çук.

...Кам пĕлет, Афанасьевăн тĕлĕкĕ чăнахах та пулма пултарĕ. Тен, хăй те сисмĕ ак — пăр çинчи кухня çурхи шывпа юхĕ те кайĕ. К. ГРИШИН.

## Пăшăрханаççĕ

«Росмясмолстрой» трестĕн Шупашкарти строительствăпа монтаж управленийĕнчи хĕрлĕ кĕтес заведующийĕ Г. Павлов, библиотекарь З. Архипова, пуçламăш комсомол организацин секретарĕ Русанов юлташсем хĕрлĕ кĕтес ĕçне лайăхлатма алă çитмест тесе пăшăрханаççĕ. Çавăнпа та вĕсем кунти хĕрлĕ кĕтес усăлса хупăннăранпа çур çул тултарнă тĕле хăйсене пысăк кулăх тата ĕçре тимлĕрех пулма вĕрентекен «критикăпа самокритика» маркăллă çивĕч хĕçпăшал ярса пама ыйтаççĕ.

И. ЛАМПАСОВ.

## КАПКАН ПУЛАШРĔ

Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕн директорĕ А. Шорников юлташ январĕн 29-мĕшĕнче тухнă «Эх, тăвайкки» ятлă корреспонденци тĕрĕс пулни çинчен çырса пĕлтерчĕ.

Асăннă корреспонденцие трактор бригадисен бригадирĕсемпе пĕрле сÿтсе явнă, К. Самылкин бригадира çĕрулми кăлармалли машинăна юр айĕнчен кăларма, ăна хуралласа ĕçе йĕркелеме хушнă.

# Уй-хире çемçетмелли çĕнĕ меслет

*Совет Союзĕнчи ялхуçалăх ыйтăвĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен наукăпа тĕпчев учрежденийĕсем, малта пыракан колхозсемпе совхозсем органо-минералллă удобренисем хутăшĕсем туса усă курас тĕлĕшпе опытсем турĕ.*

*Нумаях пулмасть «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ Ялхуçалăх наукисен В. И. Ленин ячĕпе тăракан Пĕтĕм Союзри Ленин орденлĕ академине çыру ячĕ, органо-минералллă удобренисем хутăшне мĕнле туммалли çинчен ыйтса пама ыйтрĕ.*

*Пăрĕн çыру çине ответлесе, Н. Н. Самойлов академик тата ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Н. В. Смиренский ялхуçалăх академийĕн удобренисем енĕпе ĕçлекен секци пленумĕн материалĕсене ярса пачĕç.*

*Паян эпир Н. Н. Самойлов академик тата ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Н. В. Смиренский ярса панă çырава пичетлетпĕр.*

Опыт çакна кăтартса парать: органикăллă удобренисене минералллă удобренисемпе хутăштарса компост туса уя кăларни çав удобренисене уйрăммăн кăларнинчен чылай усăллăрах. Ун пек чухне удобренисем те сахалрах кирлĕ пулаççĕ. Çапла вара ĕç вăйĕ сахал пĕтернипех тата сахал тислĕкпех пысăкрах лаптăк çĕр çемçетме май пулать.

Сăмахран, уй-хире çемçетме гектар пуçне вăтам шутпа 10 тоннăран кая мар тислĕк кирлĕ пулсан, органо-минералллă удобренисен компостне тума гектар пуçне мĕн пурĕ те 2—5 тонна таран кăна тислĕк кирлĕ.

Нумаях пулмасть (январĕн 23—25-мĕшĕсенче) Ялхуçалăх наукисен Пĕтĕм Союзри академийĕн удобренисемпе ĕçлекен секцийĕн анлă Пленумĕ пулса иртрĕ. Унта органо-минералллă удобренисен хутăшĕсемпе усă курса тунă опытсемпе паллашнă хыççăн, çакна палăртнă: органо-минералллă удобренисем кăлланчăк тăпраллă вырăнсенче кăна мар, хура тăпраллă вырăнсенче те усăллă. Гектар пуçне 2—5 тонна органикăллă удобрени, 1,5—3 центнер суперфосфат е 2—3 центнер фосфорит çăнăхĕ тата 3—5 центнер известь илсе хутăштарса тунă компост кăларсан, кĕрхи тырăсем тухăçлăхĕ гектар пуçне 4—4,5 центнер таран ытларах пулать. Кăлланчăклă те йÿçĕк тăпраллă вырăнсенче тухăçлăх унтан та ытларах ÿсет — гектар пуçне 10 центнер таран ÿсме пултарать.

Наука учрежденийĕсем тĕпчесе пăхнă тăрăх çакна палăртнă: органикăллă тата минералллă удобренисене пĕрле кăларни тăпрара ÿсентăрана кирлĕ микроорганизмсене

Кунсăр пуçне тата çакна та палăртнă: органикăллă тата минералллă удобренисене хутăштарса компост тусан, вĕсенче ÿсентăрана кирлĕ япаласем хутшăнма та пултараççĕ. Çавăн пек компостсем çине азотобактерсем ( азотобактерин текен препаратра нумай) хывсан, ÿсентăрана кирлĕ япаласем татах та нумай пулма пултараççĕ.

тобактерсем ( азотобактерин текен препаратра нумай) хывсан, ÿсентăрана кирлĕ япаласем татах та нумай пулма пултараççĕ.

Халиччен тислĕке уя кăларнă чухне çакна асра тытнă: тислĕкри япаласемпе ÿсентăрансем ÿснĕ чухне лайăхрах усă курма пултарччăр, тенĕ. Органикăллă тата минералллă удобренисенчен тунă компостсем кăларнин тĕллевĕ урăхларах: микроорганизмсене лайăхрах условисем туса панипе ÿсентăрансене ÿсме кирлĕ тăпрари япаласене лайăхрах ирĕлмелле тăвасси.

Вырăнти условисене тата мĕнле культурăсем акнине кура, органо-минералллă удобренисен хутăшне уя сахалрах е нумайрах кăлармалла.

**Кĕрхи тырăсем валли.** Хура тăпраллă мар йÿçек тăпраллă районсенче кĕрхи тырăсем акакан уя виçĕ тĕрлĕ удобренирен тунă компост кăларни усăллăрах. Компост тума гектар пуçне çакăн пек удобренисем кирлĕ:

| | |
|---|---|
| органикăллă удобренисем | 2—5 тонна |
| суперфосфат | 1—2 центнер |
| известь | 3—5 центнер |

Суперфосфат вырăнне 2—3-шер центнер фосфорит çăнăхне илме пулать. Анчах ун пек чухне кăшт та пулин (0,5 центнер) суперфосфат хушсан лайăхрах пулать.

Йÿçек мар лайăх çĕр пулсан, известь хушма кирлĕ мар, компоста йÿçек торфран тунă чухне кăна известь хушмалла.

Фосфорлă удобренисем çитмесçĕ пулсан, кăлланчăк çĕре çемçетме тăвакан компоста вĕсемсĕр те тума пулать. Ун пек чухне гектар пуçне 3—5 тонна органикăллă удобрени çине 3—5 центнер известь илмелле. Хура тăпраллă вырăнсенче тата вăрман тăпри çине кăларма хатĕрлекен компостра известь пулмалла мар.

Органо-минералллă удобренисем кăларнă пулин те, калчасене минералллă е урăх удобренисем сапса апат пани кирлĕ.

**Кукуруза валли.** Хура тăпраллă мар районсенче кукуруза валли органикăллă удобренипе суперфосфат тата известь хутăштарса компост тума сĕнеççĕ. Тăпрара йÿçек сук пулсан, известь кирлĕ те мар.

Удобренисене шăтăка хурса пырас пулсан, ун пек чухне гектар пуçне 4—5 тонна органикăллă удобрени, 1,5—2 центнер суперфосфат е 2,0—3,0 центнер фосфорит çăнăхĕ тата 3—5 центнер известь илсе компостламалла. Удобренисене культиваци тăвас умĕн кăларас пулсан, норма пысăкрах пулмалла.

Органо-минералллă удобренисемсĕр пуçне кукуруза уйне удобренисем те кăлармалла. Акас умĕн е кайран, калчасене апат панă чухне, гектар пуçне 1,5—2-шер центнер аммиак селитри тата 1—1,5-шер центнер кали тăварĕ сапма сĕнеççĕ. Аммиак селитрине компоста хывма та пулать.

Анчах та, кукуруза акмалли участока малтан удобренисем кăларса çемçетмен пулсан, органо-минералллă удобренисем кăларнипе кăна çырлахма çук. Çав участок тислĕк кăларса лайăх çемçетнĕскер пулмалла. Органо-минералллă удобренисем кукуруза акнă чухне шăтăка пăрахса пыма кăна кирлĕ.

**Çĕрулми валли.** Çĕрулми валли Ялхуçалăх наукисен Пĕтĕм Союзри Академийĕн удобренисем енĕпе ĕçлекен секцийĕн Пленумĕ органо-минералллă удобренисене çĕрулми лартнă чухне шăтăка пăрахса пыма сĕнет. Çĕрулми валли ăна çапла хатĕрлемелле (гектар пуçне):

| | |
|---|---|
| органикăллă удобренисем | 3—5 тонна |
| суперфосфат | 1—2 центнер |

Суперфосфат пулмасан, 2—3-шер центнер фосфорит çăнăхĕ кирлĕ пулать. Вĕсемсĕр пуçне компоста çуршар центнер аммиак селитри е 0,7—1-шер центнер аммони сульфачĕ хывсан лайăхрах пулать. Кунсăр пуçне тата 20—25-шер килограмм кали тăварĕ хутăштарма сĕнеççĕ.

Органо-минералллă удобренисене çĕрулмине лартиччен культиваци тунă чухне кăларас пулсан, удобренисен норми пĕрре çурă хут ÿсмелле.

**Йĕтĕн-долгунец валли.** Йĕтĕн известе юратмасть. Çавăнпа йĕтĕн акмалли участока çемçетмелли компостра известь пулмалла мар. Йĕтĕн валли компост тума удобренисене çакăн чухлĕ илмелле (гектар пуçне):

| | |
|---|---|
| органикăллă удобренисем | 2—5 тонна |
| суперфосфат | 2—3 центнер |

Суперфосфат пулмасан фосфорит çăнăхĕ те юрать. Иртнĕ çулсенче клевер лайăх пулнă вырăна йĕтĕн акмалла пулсан, удобренисем сахалрах кирлĕ пулаççĕ.

Органо-минералллă удобренисемсĕр пуçне йĕтĕн уйне кирлĕ таран калилĕ тата азотлă удобренисем те кăлармалла. Вĕсемпе калчасене апат панă чухне усă курмалла.

**Органо-минералллă удобренисене мĕнле хатĕрлемелле?** Органо-минералллă компостсем тума çĕрнĕ тислĕк; çĕрĕк тăпри тата торф кирлĕ. Торф çук вырăнсенче тислĕкпе тăпра хутăштарса компост тума пулать. Тăпра компост йывăрăшĕн чĕрĕк е пилĕк пайĕнчен пĕр пайĕ пулмалла. Торфпа тислĕк хутăштарса компост тума кирек мĕнле торф та юрать. Торф ытла йÿçекрех пулсан, ун çине известь хывни кирлĕ.

Айлăм вырăнти лайăх çĕрнĕ торф çине тислĕк шĕвекĕ сапса сăрхăнтарни усăллă, вăл органо-минералллă компост тума лайăх.

Органо-минералллă хутăшсене уя кăларас умĕн уйăх-уйăх çурă малтанрах хатĕрлесен лайăхрах. Лайăх çĕрсе çитнĕ тислĕк е çĕрĕк тăпри пулсан, ун пек чухне органо-минералллă хутăшсене уя кăларас умĕн 2—3 кун иларах тусан та юрать.

## Пĕтĕм тĕнчипех паллă историлле событи

### КИТАЙРИ ХАÇАТСЕМ КПСС XX СЪЕЗЧĔ ÇИНЧЕН

ПЕКИН, февралĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинчи хаçатсем КПСС XX съезчĕ çинчен нумай çыраççĕ.

«Гуанминжибао» хаçатăн уйстатьинче КПСС XX съезчĕн пĕтĕм тĕнчери пĕлтерĕшĕ çинчен калать, тĕнчери çĕршывсем хушшинчи хутшăнусенче унăн влиянийĕ пысăк пулать, тенĕ.

Китай халăхĕ, тесе çырать хаçат, КПСС XX съезчĕн решенийĕсене хĕрӳллĕн саламлать. Вĕсем Китай халăхне социализм строительствинче çĕнĕ çĕнтерӳсем тума, пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешме хавхалантараççĕ. Китай халăхĕ хăйĕн çĕршывĕпе Совет Союзĕ тата халăх демократи çĕршывĕсем хушшинчи союза малашне те çине тăрса çирĕплетсе пырĕ.

Пĕтĕм Китайри профсоюзсен федерацийĕн «Гунжэньжибао» хаçачĕ «Пĕтĕм тĕнчипех паллă историлле событи» ятлă уйстатьяра çапла çырать: КПСС XX съезчĕ коммунизм строительствин ĕçне, пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетес ĕçе питĕ пысăк вăй хучĕ, совет халăхĕпе пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисене хавхалантаракан вăй пулса тăчĕ.

Съезд улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе йышăннă Директивăсем, тенĕ статьяра, Совет Союзĕнчи коммунизм строительствин аслă программи пулса тăраççĕ. Çак мирлĕ ĕçсен аслă планне пурнăçлани социализмла система капитализмла системăран нумай малта тăнине татах та уççăнрах кăтартса парĕ.

## XX съезд миршĕн, демократишĕн тата социализмшăн тăракансене тачă пĕтĕçтерчĕ

БУХАРЕСТ, мартăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Кашни эрнере тухакан «Газета литерара» КПСС XX съезчĕн итогĕсем çинчен уйстатья пичетлесе кăларнă. Рабочисен революцилле юхăмĕн авангардлă ролĕне пурнăçласа, тенĕ статьяра, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ марксистла-ленинла вĕрентĕвĕн творчествăлла шухăшне тепĕр хут кăтартса пачĕ. Революцилле кĕрешӳĕн теорине пуянлатакан, миршĕн, демократишĕн тата социализмшăн тăракансен вăйĕсене пĕтĕçтерекен çĕнĕ хăюллă положенисене прогрессивлă пĕтĕм этемлĕх кăмăлласа йышăнчĕ.

Съездăн пур документĕсенче те, чи малтан Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче тата çав доклад тăрăх йышăннă резолюцире, ленинла принципсем, догматизмпа начетничествăна хирĕç тăракан принципсем палăрса тăраççĕ, тесе çырать хаçат. Съезд документĕсенче Совет Союзĕн тулашри политики çирĕп принциплă тата питĕ çаврăнăçуллă пулни çĕнĕрен палăрса тăрать. Çак документсем тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатас тĕлĕшпе тунă практикăри конкретлă ĕçсем тĕрĕс пулнине, вĕсене мире юратакан пĕтĕм этемлĕх ырласа хӳтĕленине кăтартса параççĕ.

## Совет халăхĕ коммунизм патнелле каймалли программа

ВАРШАВА, февралĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăри хаçатсем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн ĕçĕ вĕçленни çинчен пĕлтерсе статьясем пичетлеççĕ.

Съезд решенийĕсем, тесе çырать «Жолнеж вольности» хаçат, Совет çĕршывне малалла аталантарас ĕçре питĕ пысăк выртăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсем тĕнчери лару-тăрӳ мĕнле аталанса пырассинче те пысăк вакани параççĕ.

КПСС XX съезчĕ, тенĕ статьяра, Совет Союзĕн тулашри политикине палăртрĕ, Совет çĕршывĕ малашне те тулашри политика енĕпе государствăсем мирлĕн килĕштерсе пурăнмалла тăвас, халăхсем хушшинчи мире тĕревлетес тата государствăсем пĕр-пĕрне шанса пурăнмалла тăвас политика тытса пырать. Çак вăхăтрах КПСС съезчĕ çакна кăтартса пачĕ: мир тăшманĕсем мĕнле ĕçсем тума хăтланнине тимлĕн асăрхаса тăмалла тата вĕсен кирсĕр ĕçĕсене тăрă шыв çине кăлармалла. XX съезд Совет Союзĕн экономикăлла тĕп задачисем пирки панă кăтартусем пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк. СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе съезд йышăннă Директивăсене — совет халăхĕн коммунизм патне каймалли программине пурнăçлани Совет Союзĕн экономикăлла тĕп задачине ĕçе кĕртсе ярас çул çинче пысăк утăм туни пулать.

КПСС XX съезчĕ, тенĕ хаçатра, социализмла система капитализмла системăран нумай малта тăнине уççăн кăтартса пачĕ, Коммунистсен партийĕн аслă вăйне тата марксизм-ленинизм идейисен никам çĕнтерейми пурнăçлă вăйĕсене кăтартса пачĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн итогĕсем пĕтĕм этемлĕх умĕнче çĕнĕ малашлăхсене уçса параççĕ, тесе çырать «Жице Варшавы» хаçат.

## „КПСС XX съездне нумай вăхăт хушши асра тытĕç"

ЖЕНЕВА, мартăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). КПСС XX съезчĕн итогĕсем çинчен Швейцарири хаçатсем халĕ те çыраççĕ.

«Газетт де Лозанн» хаçатăн обозревателĕ Ж. Геер çапла çырать: «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съездне нумай вăхăт хушши асра тытĕç. Коммунизмла тĕнче вăрçă хыççăнхи тапхăрта иртнĕ официальнăй пухăвĕсенче пĕри те çав съезд пек пысăк пĕлтерĕшлĕ пулманнине йышăнас пулать», тет обозреватель.

КПСС XX съезчĕ парти коллективлăн ертсе пырас принципсене тата мирлĕн килĕштерсе пурăнмалли ленинла принципа, Совет Союзĕн тулашри политикин никĕсĕ пулса тăраканскерне, çирĕп тытса пырассине кăтартса пачĕ, тесе çырать Ж. Геер.

Тĕрлĕрен социальнăй-политикăлла йĕркеллĕ государствăсем пĕр-пĕринпе мирлĕн килĕштерсе пурăнмалли принципа тытса пыни пурнăçра усăллă пулнине чылай хаçатсем палăртаççĕ. Çакна май хăшпĕр хаçатсем КПСС XX съезчĕн итогĕсене хаклас ĕçре США йышăннă позицие, çăмахран, Даллес йышăннă позицие критиклеççĕ. «Фостер Даллес господин, мĕн те пулин калас тесе кăна, Россиăра юлашки вăхăтра пулса иртнĕ событисем Совет Союзĕн халиччен политикин ăнăçсăрлăхне тата Атлантика союзĕ политикин результачĕ, урăхла каласан, США-н «вăйпа хăратас позици» тытса пырас политикин ӳсĕмне кăтартса пани çинчен калать», тесе çырать «Сантинель» хаçат. Совет Союзĕ ядернăй хĕçпăшал енĕпе США монополине пĕтернĕ хыççăн Даллесăн «вăрă лозунгĕсене тепĕр хут калама та кирлĕ, хăйĕн тактикине улăштарасси çинчен шухăшласа пăхмаллаччĕ», тет хаçат. «Совет Союзĕ индустри енĕпе нумай вăйланчĕ, унăн влиянийĕ Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи тата Азири çĕршывсенче ӳсе пырать, çав вăхăтрах США хăйĕн Китайпа хутшăнмалли çулне пӳлсе лартать, ытти çĕршывсене экономикăлла пулăшу панипе хĕсĕк вăрçа хатĕрленмелли союзсене хутшăнтарать, çакă вара ку çĕршывсенче тарăхассине вăйлатать», тесе çырать хаçат.

## КПСС XX съезчĕн итогĕсем çинчен Швеци хаçачĕ мĕн çырать

СТОКГОЛЬМ, февралĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Швецири социал-демократсен партийĕн «Морген-Тиднинген» хаçачĕ КПСС XX съезчĕн итогĕсем çинчен уйстатья пичетленĕ. Статьяра съездăн пысăк пĕлтерĕшне палăртнă.

Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенче Совет Союзĕн çĕнтерӳĕсене час-часах тивĕçлĕ хак паманнине палăртса, хаçат çапла çырать: капитальнăй ĕçсем нумай туса пынă май Совет Союзĕ промышленность енĕпе тĕнчере пĕрремĕш вырăн йышăнакан государствăсенчен пĕри пулса тăрать. Совет Союзĕн политики тĕлĕшпе Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенче йăнăшсем тата тĕрĕс мар вывадсем ытла та нумай тунă, малашне туна палăртнине тата вĕсене тумалли майсене чăнипех те кирлĕ пек тата тĕрĕс хаклама вăхăт çитрĕ, тет хаçат.

## *Монголи халăхĕн революцилле партийĕ 35 çул тултарни*

УЛАН-УДЭ, мартăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Вăтăр пилĕк çул каялла Кяхта хулинче (ССР Союзĕпе Монголи Халăх Республикин чиккинче ларакан хула) Монголири ĕçсыннисен çулпуçĕ Сухэ-Батор ертсе пынипе Монголи халăхĕн революцилле партийĕн пĕрремĕш съезчĕ пулса иртнĕ. Çак паллă куна уявланă май Кяхта хулине Монголи халăхĕн революцилле партийĕн представителĕсем пынă. Вĕсем съезд ларăвĕсем пулса иртнĕ çурт çине (Сталин ячĕпе тăракан урамри 53-мĕш çурт) асăну хăми çакнă. Çĕрте пулнă, çав ятпа пулнă уява хутшăннă.

Кяхтăра асăну хăми çакнă ятпа хулари ĕçсыннисен митингĕ пулнă.

## Инди парламентĕнче

ДЕЛИ, мартăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Делири радио пĕлтернĕ тăрăх, Апат-çимĕçпе ялхуçалăх министрĕн заместителĕ Кришнаппа пĕлĕр Халăх палатинче государствăн механизациленĕ пысăк фермине организацилени çинчен, унта Совет Союзĕнчен илсе килнĕ капиннăсемпе оборудовани пулассине çинчен каласа панă. Çав машинăсен пĕр пайĕ Индие çитнĕ ĕнтĕ. Ытти оборудовани çул çинче. Ферма çĕрĕ 30 пин акр шутланать.

Апат-çимĕçпе ялхуçалăх министрĕ Джайн Халăх палатинче çапла каланă: государство фермин центральнăй правительство аллинче тăракан, Индири механизациленĕ чи пысăк хуçалăх пулать. Ферма ĕçне йĕркелеме совет эксперчĕсене чĕнеççĕ.

## *ТАСС заявленийĕ*

Юлашки вăхăтра Федеральнăй Германи Республикин (Хĕвеланăç Германи) Ют çĕршыв Ĕçĕсен министрĕ Г. Брентано доктор темиçе хутчен заявлени турĕ. Вăл Германие çĕнĕрен пĕрлештерес ыйту çинчен тата Федеральнăй Германи Республикипе Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусен ыйтăвĕсем çинчен каланă. Вăл ку ĕçе çапла кăтартма пăхнă: Германири икĕ государство пĕр-пĕрин хушшинче килĕшӳ тумасăрах Германие пĕрлештерме пулать имĕш, ССР Союзĕпе Федеральнăй Германи Республики пĕр-пĕрин патне посолсем янă хыççăн Совет Правительствинчен вăл Германие пĕрлештерес ыйтупа каласусем пуçласине кĕтнелле имĕш.

Г. Брентано господин каласа панă çак шухăшсем пирки Совет Союзĕн авторитетлă ушкăнĕсенче çапла пĕлтерĕ.

Брентано господин сӳтсе явнă пек каласа панисем Германие пĕрлештермелли çул-йĕрсем пирки пурнăçа кĕме пултарайми шухăшсене çеç сарма пултараççĕ, пĕрлештерес ĕçе малалла яма чăрмав пулăшмаççĕ. Совет Правительстви тăватă державăн Женеври каласăвĕсем вăхăтĕнче те, Федеральнăй Германи Республикин Правительствипе тата Демократиллĕ Германи Республикин Правительствипе Мускавра иртнĕ каласусем вăхăтĕнче те татăклăнах çапла каларĕ: Германире икĕ суверенлă государство пулса тăнă, вĕсене тĕнчери халăхсем йышăннă условисенче Германие пĕрлештермелли пĕртен-пĕр тĕрĕс çул вăл Демократиллĕ Германи Республикипе Федеральнăй Германи Республики хушшинче тӳррĕмĕнех каласусем иртнерни пулать. Германири чăн-чăн лару-тăрăва асра тытса, çакна ăнланса илес пулать: ку ыйтăва татса пама урăхла çул-йĕр çук.

Демократиллĕ Германи Республикин суверенитетне никама пăхăнманлăхне официальнăй йĕркепе йышăннă Совет Союзĕ, паллах ĕнтĕ, Демократиллĕ Германи Республикине тивĕçлĕ шучĕпе ыйтăва татса пама пултараймасть, тата каласусем иртерес ĕçе ун вырăнне хутшăнма пултараймасть. Кунпа пĕрлех Совет Союзĕн Правительстви Германие çĕнĕрен пĕрлештересшĕн, ăна мире юратакан тата демократиллĕ государство туса хурасшăн тăрать, Демократиллĕ Германи Республикипе те, Федеральнăй Германи Республикипе те дипломатиллĕ çыхăнусем тытать, çавна май вăл вĕсене хăйсем хушшинче тивĕçлĕ килĕшӳ тăвас ĕçре пулăшма хатĕр. Çавăнпа пĕрлех СССР Правительствин халиччехи пекех çапла шутлать: вăл Германие çĕнĕрен пĕрлештерессипе чăн-чăнах интересленет, вăл Германирин икĕ государствăна пĕр-пĕринпе çывăхлатассишĕн тата пĕр-пĕринпе кирлĕ пек килĕштерсе ĕçлемелле тăвассишĕн тăрăшма тивĕçлĕ, çапла туни Германи халăхĕн — çак енĕпе чăннипех усăллă ĕçсем тăвассине кĕтекен халăхăн шухăш-ĕмĕчĕпе килĕшсе тăрĕччĕ.

ССР Союзĕпе Федеральнăй Германи Республики хушшинчи хутшăнусен ыйтăвне илес пулсан, Совет Правительстви çапла шутлать: Совет Союзĕпе Федеральнăй Германи Республики хушшинче лайăх, туслă хутшăнусем туса хума пур условисем те çителĕклĕ. Çавăнпа пĕрлех, Федеральнăй Республика Совет Союзĕпе çыхăнса суту-илӳ тума тата çак суту-илӳне аталантарма шутлать пулсан, Совет правительстви çакна ырлană пулĕччĕ, вăл тата çапла суту-илӳ тума анлă майсем пур, тесе шутлать.

Совет правительстви çапла шанса тăрать: паллă сăлтавсене пула чăрмавсем туxса тăнине пăхмасăр, Совет Союзĕпе Федеральнăй Германи Республики хушшинчи хутшăнусем, çав шутра анлăн суту-илӳ тăвасси те, çавăн пекех тата культуралла çыхăнусем те, ăнăçлăн аталанса пырĕç, мĕншĕн тесен çакă икĕ çĕршывăн интересĕсемпе, Европăри мире тĕреклетес интересĕсемпе килĕшсе тăрать.

## Совет Союзĕпе Канада хушшинчи суту-илӳ çинчен

1955 çулхи октябрь уйăхĕнче Канада ют çĕршыв Ĕçĕсен министрĕ Л. Б. Пирсон господин Мускавра пулнă вăхăтра ССР Союзĕпе Канада хушшинче суту-илӳ килĕшĕвĕ тăвасси çинчен каласусем пынă. Совет Союзĕпе Канада 1955 çулхи октябрĕн 12-мĕшĕнче пĕлтернинче çапла каланăччĕ: ку ыйту тăрăх Мускавра пуçланнă каласусем Оттавăра малалла тăсасси çинчен калаçса татăлнă, тенĕччĕ.

Çапла калаçса татăлнă май кăçалхи февраль уйăхĕнче Оттавăра суту-илӳ пирки каласусем пынă, вĕсем февралĕн 29-мĕшĕнче ССР Союзĕпе Канада хушшинче Суту-илӳ килĕшĕвĕ тунипе вĕçленнĕ.

Суту-илӳ килĕшĕвĕнче икĕ çĕршыв хушшинчи суту-илӳ çыхăнăвĕсен пĕтĕмĕшле принципĕсем мĕнле пулмаллине, суту-илӳ тăвас тата суднăсем çӳретес ĕçре енĕпе икĕ енĕ пĕр-пĕрне лайăх йĕрке туса памаллине палăртнă. Килĕшӳре, уйрăммăн илсен, çапла тума палăртнă: импортпа е экспортпа сыхăнса тăракан суту-илӳ тĕлĕшпе, çавăн пекех таможня пошлинине тата кирек мĕнле тӳлевсене, таварсем тунассипе тата сутассипе çыхăннă правилăсемпе йĕркесене пырса тивекен мĕн пур ыйтусенче пĕр-пĕрне лайăх условисем туса парас принципа пăхăнса ĕçлемелле, Калаçса татăлакан кашни енĕн суту-илӳ суднисем тата вĕсен грузĕсем тепĕр енĕн тинĕс портĕсене пырса кĕнĕ, унтан тухнă тата унта тăнă чухне пĕрпĕриншĕн чи лайăх йĕрке пулмалла.

Суту-илӳ килĕшĕвне 3 çуллăха тунă, калаçса татăлакан икĕ енĕ çак виçĕ çул иртиччен виçĕ уйăх малтан килĕшсе, Килĕшӳ срокне малалла тăсма пулать. Килĕшĕве икĕ енĕ те ратификацилемелле, ратификаци грамотисене килĕшӳ çине алă пуснă хыççăн 90 кун хушшинче Мускавра улăштарса илмелле. Анчах та Килĕшӳ çине алă пуснă кунах вăл вăйа кĕрет.

Кунпа пĕр вăхăтрах çапла калаçса татăлнă: 1956 çулта Совет Союзĕн тулашри суту-илӳ организацийĕсем Совет Союзĕн Инçетри Хĕвелтухăç районĕсем валли Канадăран 400 пин тонна тулă туянассĕ. Тата çапла тума палăртнă: Совет Союзĕн тулашри суту-илӳ организацийĕсем ун хыççăнхи çулсенче те Канадăран тулă туянассĕ; çав çулсенче мĕн чухлĕ тулă туянасси вара Совет Союзĕ Канадăна таварсем мĕн чухлĕ сутнинчен тата вĕсене Канада мĕн чухлĕ туянинчен килет.

ССР Союзĕпе Канада хушшинчи Суту-илӳ килĕшĕвĕ çине çаксем алă пуснă: Совет Союзĕ енчен — Тулашри суту-илӳ министрĕн пĕрремĕш заместителĕ С. А. Борисов, Канада енчен — Суту-илӳ министрĕ К. Д. Хау тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен министрĕ Л. Б. Пирсон.



## А. Н. Боголюбов генерал-полковник

1956 çулхи февралĕн 28-мĕшĕнче, Мускавра, Совет Союзĕн Геройĕ, генерал-полковник Александр Николаевич Боголюбов вилсе кайрĕ.

Александр Николаевичăн ача чухнехи пурнăçĕ Шупашкарта иртнĕ, унăн ашшĕ-амăшĕ çак хулара пурăннă. Унăн ашшĕ, Николай Матвеевич, нумай çулсем хушши Атăл тăрăх çӳрекен пăрахутсем çинче масленщик тата машинист пулса ĕçленĕ.

Александр Николаевич хулари училищĕрен вĕренсе тухнă. Укçа-тенкĕ çитмен пирки, унăн малалла вĕренме май килмен. Вăл Шупашкарти телеграфа ученик пулса ĕçлеме кĕнĕ. Çапла пулнă унăн Октябрьти Социализмла Аслă революци умĕнхи çулсенчи пурнăçĕ.

Октябрь революцийĕ çĕнтерни çинчен пĕлтерекен хыпара Александр Николаевич хаваслăн кĕтсе илнĕ. Коммунистсен партийĕн çулпуçĕ тата Совет правительствин руководителĕ В. И. Ленин Совет государствин гражданĕсене Совет влаçне алла пăшал тытса хӳтĕлеме чĕнсе каланă хыççăн, Александр Николаевич фронта кайма шухăш тытнă. Вăл хулари военкомата пынă, хăйĕн ирĕкĕпе фронта кайма шутлани çинчен пĕлтернĕ. 1918 çулхи октябрĕн 8-мĕшĕнче Александр Боголюбов красноармеец Хĕвелтухăçĕнчи фронта пырса çитнĕ.

Унăн салтак пурнăçĕ çапла пуçланнă. Вуншар çулсем хушши походсемпе хаяр çапăçусенче пулнипе пĕрлех, вăл çар наукипе интересленнĕ, ăна тĕплĕн вĕренме тăрăшнă.

Граждан вăрçи хыççăн Александр Николаевич ĕмĕрлĕхех çар ретĕнче юлма шухăш тытнă. Ăна çарти çыхăну ĕçне вĕренмелли аслă шкула вĕренме янă. Кунтан вĕренсе тухсан, Александр Николаевич Боголюбов тăватă çул хушшинче взвод командирĕнчен батальон командирне çитет. Кун хыççăн вăл Фрунзе ячĕпе тăракан Çар академине вĕренме кĕнĕ. Çар академийĕнче вĕренни офицера хăйĕн пĕлĕвĕсене ӳстерме тата тавракурăмне анлăлатма пулăшнă. Вăл çар ĕçĕпе тата çар ыйтăвĕсем тăрăх çырас ĕçпе ытларах та ытларах интересленме пуçланă. Салтаксемпе офицерсен служби тата пурнăçĕ çинчен А. Н. Боголюбов çырнă статьясем хаçатсемпе журналсенче час-часах пичетленсе тухнă.

1932 çулта А. Н. Боголюбов Коммунистсен парти ретне кĕнĕ. Совет Çарĕн Генеральнăй штабĕ çумĕнчи Академире вĕренме малтанхи хут илнисем хушшинче Александр Николаевич та пулнă. Вăл академире лайăх вĕреннĕ. Унтан ăнăçлă вĕренсе тухнă хыççăн, ăна академирех хăварнă, вăл аслă преподаватель пулса ĕçленĕ. Академире А. Н. Боголюбов çар наукине тĕпчесе вĕренес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тунă: «А. В. Суворовăн полководецла пултарулăхĕ» ятлă кĕнеке, «Колчака аркатни» ятлă оперативлă-стратегиллĕ, очерк, тактикăллă тата оперативлă искусство енĕпе те нумай статьясем чылай çырнă. Вăл совет офицерĕсен çамрăк кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлес тĕлĕшпе нумай ĕçленĕ.

1941 çулта, пирĕн Тăван çĕршыва гитлерла Германи вăрăхурахла тапăнсан, Боголюбов генерала фронт штабĕн начальникĕ пулма уйăрса лартнă. Генерал-полковник А. Н. Боголюбов Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче Мускав çывăхĕнчи вăрмансенчен пуçласа Берлина çитиччченех фронтра пулнă. Ăна Совет Союзĕн Геройĕ ятне панă, çапла вара Совет государстви Александр Николаевичăн пултарулăхĕпе хăюлăхне, çар ĕçĕнчи пултарулăхне тивĕçлипе пысăка хурса хакланă. А. Н. Боголюбова икĕ хутчен Ленин орденĕ, икĕ хутчен пĕрремĕш степень Суворов орденĕ, пĕрремĕш степень Кутузов тата Богдан Хмельницкий орденĕсем, тăватă хутчен Хĕрлĕ Ялав орденĕ тата медальсем парса наградăланă. Чăваш республикинчи ĕçсыннисем çав çулсенче чылай фронтсен штаб начальникĕ пулнă Александр Николаевич Боголюбовăн — хăйсен паттăр землякĕн ятне хаçатсенче час-часах курса пынă, çав фронтсенчи çарсем тăшман çарĕсене хăюллăн çапса аркатнă.

Аслă Отечественнăй вăрçăн юлашки уйăхĕсенче пирĕн Тăван çĕршывăн столицинче — Мускавра çĕнтерӳçĕ-геройсен, Белоруссири иккĕмĕш фронт воинĕсен паттăр ĕçĕсене чысласа вăтăр ултă хутчен салют янăрарĕ. Совет Союзĕн Геройĕ, генерал-полковник Боголюбов çак фронтăн штаб начальникĕ пулнă.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче А. Н. Боголюбов чылай вăхăт хушши М. В. Фрунзе ячĕпе тăракан Çар академийĕнче пысăк ответлă вырăнсенче ĕçленĕ, юлашки çулсенче вăл Оборона министерствинче ĕçлесе, çарсене вĕрентсе хатĕрлеме хăйĕн пĕтĕм вăй-халĕпе пĕлĕвĕсене, хăйĕн опытне панă.

### Тӳрлетни

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн иртнĕ номерĕнче «Халĕх юрăтăвĕ» ятлă статьяра йăнăш кайнă. Статьяри 9-мĕш абзац пуçламăшне çапла вуламалла: «Птичница Е. Ефремова февралĕн 15-мĕшĕ тĕлне кашни чăхран 33-шер çăмарта илнĕ». Малалли — хаçатра çырнă пекех.

### *Пĕлтерни*

Мартăн 5-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче (Урицкий урамĕ) Партин XX съезчĕн материалĕсене вĕренекенсем валли лекци пулать. Лекци теми: «Партин XX съезчĕ СССР Союзĕн тĕнчери лару-тăрăвĕ тата партин тулашри политикăн задачисем çинчен».

Лекторĕ Л. Д. Эльбов юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор М. И. ЯКИМОВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—12-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00663 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 946. Тираж 37.000 экз.